ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 22 кĕçнерникун № 15 (8924)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

*Сывă пултăр ленинизм—этемлĕхе ирĕке кăларассишĕн кĕрешмелли çĕнтерӳллĕ ялав!*

*Сывă пултăр Ленин—Сталин аслă партийĕ!*

*Ленин ялавĕпе, Сталин ертсе пынипе—малалла, коммунизмăн çĕнĕ çĕнтерĕвĕсем патне!*

# В. И. Ленин вилнĕренпе XXIX çул тултарни çинчен

## Мускавра пулнă хурлăхлă-чаплă ларура Н. А. МИХАЙЛОВ юлташ тунă доклад

Юлташсем!

Паян Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн никĕсне хываканĕ тата руководителĕ, Советлă социализмлă государство туса хураканĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçĕпе учителĕ, генилле мыслитель тата революцилле наукăн аслă корифейĕ Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе çирĕм тăхăр çул тултарать.

Çак çулсенче Коммунистсен партийĕ совет халăхне Ленин кăтартса хăварнă çулпа шанчăклăн ертсе пырать. Ленинизм идейисем, йăлтăртатса тăракан хĕвел çутти пекех, пирĕн кĕрешӳпе çĕнтерӳсен çулне çутатса тăраççĕ. Ленин ялавĕпе, Сталин юлташ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизмăн аслă çуртне тăвас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлет.

Совет государствин çитĕнĕвĕсенче, мирпе демократи лагерĕн вăйĕсем хăватлăн ӳссе пынинче ленинизмăн никам çĕнтерейми вăйĕ тата аслăлăхĕ палăрса тăрать,—ленинизм тĕнче историйĕн пĕтĕм аталанăвĕнче тĕп вырăн йышăнса тăрать. Ленин ĕçĕ вилĕмсĕр. Ленин генийĕ ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ. Аслă Ленин сăнарĕ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен чĕринче пурăнать, çĕнĕ пурнăç тăвассишĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешме хавхалантарать.



## I.

Ленин—социализмлă революцин аслăран та аслă генийĕ. Вăл ертсе пынипе пирĕн çĕршыври рабочисемпе хресченсем влаçа хăйсен аллине илчĕç. Этемлĕх историйĕнче çĕнĕ самана—капитализм ишĕлсе пымалли тата социализм чаплă çĕнтерӳсем туса пымалли самана пуçланчĕ.

«Капитализма тата унăн йĕрĕсене пĕтерсе хурасси, коммунизмла йĕркесен никĕсĕсене пурнăçа кĕртесси, —тесе каланă Ленин,—пĕтĕм тĕнче историйĕнчи халĕ пуçланнă çĕнĕ саманан содержанийĕ пулать».

Совет государстви хăйĕн малтанхи кунĕсенчен пуçласах социализм строительствин историллĕ задачине пурнăçласа пыма тытăнчĕ. Граждан вăрçи тата хĕçпăшаллă интервенци пулнă йывăр çулсем хыççăн пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем промышленноçа, транспорта, ялхуçалăхне юсанă; хулапа ял хушшинчи çыхăну йĕркеленсе пынă, рабочисемпе хресченсен союзĕ çирĕпленсе тата сарăлса пынă.

Ленин халăхăн творчествăллă вăйĕсене вĕçĕмсĕр ĕненсе тăнă. Аслă çулпуç Совет государстви аталанса пымалли çулйĕрсене темиçе вунă çул малтанах курса тăнă, вăл витĕр курса, Россия социализмлă çĕршыв пулса тăрать, тесе каланă.

ССР Союзĕнче социализм тумалли çулсене палăртса, Ленин çапла кăтартса панă: социализмăн материальнăй никĕсĕ йывăр индустри пулать, тенĕ. Çĕршыва коммунизмла çĕнетсе улăштарас ĕçре Ленин электрификацие уйрăмах паха вырăна хунă. Пĕтĕм çĕршывра электростанцисем нумай туса лартсан тин,—тесе каланă Владимир Ильич,—эпир коммунизмла общество туса хума пултаратпăр.

Коммунистсен партийĕн вак хресчен хуçалăхĕсем ытларах пулнă çĕршывра социализм тумалла пулнă. Ленин хăйĕн ĕçĕсенче яла улăштарса çĕнетмелли çулсем çинчен, çĕршыври ĕçхресченĕсене социализм строительствине хутшăнтарасси çинчен тăракан ыйтăва пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрлесе панă.

Партипе совет халăхĕн тăшманĕсем —троцкистла-бухаринла ирсĕрсем, капитулянтсемпе предательсем партие хăйĕн историллĕ задачисене пурнăçлас ĕçре чăрмантарма, ăна тĕрĕс çул çинчен пăрса яма хăтланчĕç. Çавăн пек хăтланнă тăшмансене Ленинпа Сталин нимĕн хĕрхенмесĕр отпор пачĕç, партие çирĕплетсе тата вĕрентсе пычĕç, ăна Советлă Тăван çĕршывăн мĕнпур тăшманĕсене хирĕç хăватлă кĕрешме тата ĕçсыннисемшĕн мĕн кирлине яланах шанчăклăн пурнăçласа пыма вĕрентрĕç.

Ленин партипе халăх валли вĕçĕмсĕр хаклă пуянлăх—çĕнĕ тĕнче тумалли аслă та никам çĕнтерейми наука туса хăварчĕ. Владимир Ильич Ленин тупăкĕ умĕнче унăн шанчăклă соратникĕ тата унăн ĕçне малалла туса пыракан Сталин юлташ Ленин хушса хăварнисене пĕтĕмпех пурнăçласа пыма, яланах Ленин çулĕпе пыма тупа турĕ.

Сталин юлташ, Коммунистсен партийĕ çапла тупа туса калание пурнăçа кĕртрĕç. Патша Российи ĕмĕр-ĕмĕр кая юлса пыни яланлăха тата тĕппипех пĕтрĕ. Ĕçсыннисем хушшинчи ĕçсĕрлĕх, хут пĕлменлĕх тата тĕпсĕр нушалăхпа хуйхă-суйхă ĕмĕрлĕхе пĕтрĕç. Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ халĕ хăватлă социализмлă держава—питех те вăйлă аталаннă, малта тăракан промышленноçлă, коллективлă шултра ялхуçалăхлă, малта пыракан экономикăллă тата культурăллă держава пулса тăчĕ. Совет çĕршывĕ—халăхсем хушшинчи мирпе туслăхшăн кĕрешекен пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн мухтавлăхĕпе шанăçĕ, социализмăн нихçан сӳнми маякĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн нумаях пулмасть пулса иртнĕ XIX-мĕш съезчĕ совет халăхĕ Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе тунă питех те пысăк çĕнтерӳсен итогне туса пачĕ тата ССР Союзĕнче коммунизм туса пымалли программăна палăртрĕ: Съезд ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе директивăсем çирĕплетрĕ, вĕсене пурнăçа кĕртни социализмран майĕпен коммунизма куçмалли çул çинчи питех те паллă тапхăр пулĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене тата унăн тĕп заданийĕсене совет халăхĕ хаваслăн кĕтсе илчĕ, вĕсене пĕр шухăшлă пулса ырларĕ. Совет çыннисен ĕçри паттăрлăхĕ çинчен пĕлтерекен хыпарсем кашни кунах Тăван çĕршывăн пур кĕтесĕсенчен те килсе тăраççĕ. Ленин—Сталин партийĕн ĕçре тĕрĕсленнĕ руководстви, совет çыннисен ирĕкĕ, социализмлă ăмăрту çĕнĕ вăйхăватпа анлăн сарăлни—пилĕкçуллăх заданийĕсем пĕтĕмпех тулассине кăна мар, вĕсем ытлашшипех тулассине те çирĕппĕн шанса тăма май параççĕ.

Ленин хăйĕн произведенийĕсенче совет обществи коммунизм патне каймалли тĕп çул-йĕре генилле палăртса панă, коммунизмлă общество аталанăвĕн икĕ сыпăкне кăтартса панă. Ленин çапла вĕрентет: социализмпа коммунизма пĕр-пĕринчен китай стени уйăрса тăмасть, вĕсем пĕр-пĕринчен ăрасна обществăлла-экономикăллă формацисем мар. «...Социализм вăл —тӳрременех капитализмран шăтса тухакан общество, вăл çĕнĕ обществăн пĕрремĕш сыпăкĕ. Коммунизм вара обществăн çӳлтерехри сыпăкĕ, тата вăл социализм пĕтĕмпех çирĕпленсе çитнĕ хыççăн çеç аталанма пултарать».

Ленин хăварнă вĕрентӳ çине таянса, марксизм-ленинизма малалла аталантарса тата пуянлатса, Сталин юлташ ССР Союзĕнчи социализм строительствин опытне пĕтĕçтерчĕ, социализмран коммунизма куçассин объективлă закономерноçĕсене тупса палăртрĕ, партипе совет халăхне коммунизмшăн кĕрешмелли яруçă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ парти умне историллĕ çĕнĕ условисенче тухса тăнă теориллĕ тата практикăллă кăткăс ыйтусене татса парать, коммунизм строительствин малашлăхĕсене уçса парать тата çутатать.

Социализмран коммунизма куçас çул çинче совет халăхĕ умĕнче тăракан задачăсем кăткăс та нумай енлĕ. Анчах çав задачăсем ăнăçлă пурнăçланса пырĕç, кун пирки иккĕленмелли çук.

Ленин—Сталин партийĕ хавхалантарса пыракан, тулли вăй-халлă тата хăйĕн ырă пурнăç пулассине ĕненсе тăракан совет халăхĕ Ленин çулĕпе малалла пырать. Ленинсăр ĕçленĕ вăхăтри пур çулсенче те, пысăк улшăнусен пур тапхăрĕсенче те парти хăйĕн çулпуçĕпе учителĕ Сталин юлташ массăсен пуçĕнче тăрса, вĕсене ертсе пынине курать. (Нумайччен алă çупаççĕ). Пирĕн парти: Ленин ялавĕпе, Сталин ертсе пынипе—малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне,—тесе кĕрешĕве чĕнни совет халăхĕн ăс-тăнне тĕплĕн кĕрсе вырнаçнă, вăл çак питех те тĕрĕс чĕнлĕха лайăх палăртса тăрать: Ленин ĕçĕ чаплăн çĕнтерсе пырать, Сталин юлташ ĕçсыннисене коммунизм патне çирĕппĕн те пĕр пăркаланмасăр илсе пырать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

## II.

Научнăй коммунизмăн никĕсне хывакансем Маркспа Энгельс капитализмăн экономикăллă законĕсене уçса палăртнă, капитализмлă общество историре пурпĕрех пĕтессине, ун вырăнне çĕнĕ обществăллă строй пулса тăрассине кăтартса панă.

Истори каярахри тапхăрĕнчи пурнăçпа ĕçсене генилле тĕпчесе пĕтĕçтерсе, Ленин капитализмăн чи çӳлти сыпăкĕ —империализм мĕнлине, унăн тĕп уйрăмлăхĕсене тата унăн аталанăвĕн тĕп законĕсене кăтартса панă. «Ленинăн мухтава тивĕçлĕ ĕçĕ, апла пулсан, Ленинăн çĕнĕ вĕрентĕвĕ çакăнта пулса тăрать: вăл, «Капиталăн» тĕп положенийĕсем çине таянса, империализмăн чир-чĕрĕсене тата вăл пур-пĕрех пĕтмелли условисене уçса палăртнă, империализм капитализмăн юлашки тапхăрĕ пулнине марксистла тĕплĕ анализ туса панă»,—тесе калать Сталин юлташ.

Ленинизма творчествăллă аталантарса, Сталин юлташ капитализмлă пĕтĕм системăн пĕтĕмĕшле кризисне питех те тĕплĕн анализ туса пачĕ, кучухнехи капитализмпа социализмăн экономикăллă законĕсем мĕнлине кăтартса пачĕ.

Сталин юлташ кучухнехи капитализмăн экономикăллă тĕп законне тата социализмăн экономикăллă тĕп законне уçса палăртрĕ. Çав законсем пĕр-пĕрне хирĕçле пулни вара социализм лагерĕпе капитализм лагерĕн экономикăллă аталанăвĕн пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ çулне палăртса тăраççĕ.

Аталанăвăн пĕр çулĕ вăл—Совет Союзĕнче тата халăх демократи çĕршывĕсенче мирлĕ экономика пĕр чарăнмасăр çĕкленсе пыни. Аталанăвăн тепĕр çулĕ вăл—капитализм экономики çулĕ, унăн производительнăй вăйĕсем пĕр вырăнтах тăраççĕ; вăл экономика капитализмăн ытларах та ытларах тарăнланса пыракан пĕтĕмĕшле кризисĕн тата ялан пулса пыракан экономика кризисĕсен хĕскĕчĕнче тапаçланать, çав çул — экономикăна милитаризацилемелли çул, çĕршывсем хушшинче пыракан конкуренци кĕрешĕвĕн çулĕ, пĕр çĕршывсене теприсем пусмăрламалли çул.

Капитализмлă лагере ертсе пыракан Америка империализмĕ, чи реакцилле, чи хура вăй, халăхсен ирĕкне пĕтерекен жандарм пулса тăрать. «Америка миллиардерĕсем,—çак кучухнехи чура хуçисем,—юнлă империализмăн юнлă историйĕн уйрăмах ирсĕр страницине уçрĕç»,—тесе çырнă Ленин.

Вăрçă хатĕрлеме питĕ нумай укçа расходлани, васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлени, буржуалла демократин юлашкисене аркатса тăкни, ĕçсыннисене нимĕн хĕрхенмесĕр çаратни тата сĕмсĕрленсе çитнĕ миллиардерсен пĕчĕк ушкăнĕ пĕрмаях пуйса пыни—çакăн пек ĕнтĕ кучухнехи Америка, çакăн пек унăн пурнăçĕнчи йăласем.

Малта пыраканнине, прогрессивлă шутланаканнине пурне те Америка империализмĕ урса кайнă пекех кураймасть. Америка империализмĕн пуçлăхĕсем хăйсем мире юратни çинчен сутăнчăк хаçатсен страницисем урлă ахалех кăшкăрашаççĕ. Фактсем ĕç урăх майлă пулни çинчен калаççĕ.

Америкăри империалистсем чăннипех миршĕн, çĕнĕ вăрçа хирĕç тăраççĕ пулсан,—мĕншĕн-ха вĕсем хĕçпăшалсене чакарасси çинчен, пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвасси çинчен панă сĕнӳсене сирсе пăрахаççĕ тата çав сĕнӳсене саботаж тăваççĕ?

Америкăри империалистсем вăрçа хирĕç тăраççĕ пулсан,—вĕсем Корейăра тăвакан тискер ĕçсене, хӳтлĕхсĕр хĕрарăмсемпе ачасене вĕлернине, мирлĕ хуласемпе ялсене ишĕлтернине, бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине мĕн тесе ят памалла-ха?

США-ри империалистсем намăса пĕлмесĕр суя сăмахсем хараççĕ, кунтан ирсĕртерех суеçтернине тĕнче халиччен курман-ха. Америкăри империализмăн маскăна витĕнмен чăн-чăн сăн-сăпачĕ вăл—халăхсене çаратни, вăрçă, çынсене вĕлерни, шпионаж.

Америка империализмĕ капитализмла çĕршывсенче хăйне питĕ сĕмсĕр те путсĕррĕн тыткалать, вĕсен экономикине хавшатать, рабочисемпе хресченсене кăна мар, вак буржуазипе вăтам буржуазие те çаратать, халăхсен традицийĕсемпе йăлисенчен мăшкăллать. Америкăри империализмăн çавăн пек политикине ирĕклĕхе юратакан халăхсем курайманççĕ. США-н агрессилле политики капитализмлă çĕршывсем хушшинчи политикăллă хирĕçӳсене питĕ хытă сивĕчлетет. Америкăри империалистла вăрă-хурахсен аллине кĕрсе ӳкнĕ халăхсем хăйсен никама пăхăнманлăхĕшĕн тата ирĕклĕхшĕн кĕрешессине вăйлатать.

Пур çĕршывсенче те миршĕн кĕрешмелли хăватлă юхăм сарăлса кайрĕ. Тĕрлĕ наци çыннисем, тĕрлĕ профессиллĕ, политика енĕпе тĕрлĕрен шухăшлакан, тĕрлĕ тĕне ĕненекен çĕршер миллион çынсем миршĕн кĕрешекенсен ретне тăчĕç. Мире хӳтĕлес ыйтупа Венăра пулса иртнĕ Конгресс çак демократилле юхăм, пĕтĕм халăх юхăмĕ çĕнĕ вăрçă чĕртекенсен юнлă планĕсене путлантарма пултаракан вăй пулса тăнине кăтартса пачĕ.

Америкăри агрессорсем халăхсене улталама, вĕсене пĕртен-пĕр çул çеç—вăрçă çулĕ çеç пур тесе ĕнентерме, çав вăрçă Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç пулмалла, тесе ĕнентерме пур майсемпе те тăрăшаççĕ.

Совет çыннисем Ленин кăтартса панисене—социализмпа капитализм системисем мирлĕ пурăнма пултараççĕ, вĕсем мирлĕ ăмăртма пултараççĕ, тесе кăтартса панисене асра тытса ĕçлеççĕ. «Икĕ система килĕштерсе пурăнма пултарасси çинчен чи малтан Ленин каласа панă. Ленин—пирĕн учитель,—тесе калать И. В. Сталин,—эпир вара, совет çыннисем—Ленинăн ученикĕсем. Эпир Ленин кăтартса панисенчен нихçан та пăрăнман тата нихçан та пăрăнмастпăр».

Коммунистсен партийĕпе Совет государстви çирĕппĕн тата яланах мир политикине пурнăçласа пыраççĕ. «...Пирĕн партии интересĕсем,—тесе калать Сталин юлташ,—мире юратакан халăхсен интересĕсене хирĕç пымаççĕ кăна мар, пачах та урăхла, вĕсемпе тачă пĕтĕçсе тăраççĕ. Совет Союзне илес пулсан вара, унăн интересĕсене пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕнчен пачах та уйăрма çук».

Сталин юлташ «Нью-Йорк таймс» хаçат корреспондентне панă уçă та тĕплĕ ответсем Совет государстви мир ĕçне çирĕппĕн хӳтĕленине, Корейăри вăрçă хирĕç татăкланах тăнине, капитализмлă çĕршывсемпе, çав шутрах США-па та, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн, халăхсем туслă пурăнмалла тăвассишĕн тăрăшса килĕштерсе ĕçлеме хатĕр тăнине тепĕр хут кăтартса пачĕç. Сталин юлташăн отвечĕсем вăрçă чĕртекенсен ĕмĕтне татрĕç, агрессорсене пĕтĕм тĕнче умĕнче çĕнĕрен тăрă шыв çине кăларчĕç.

Мир политикине яланах çирĕппĕн тытса пырса, Совет государстви вăрçă чĕртекенсем мĕн хăтланнине сивĕччĕн сăнаса тăрать. Партипе Совет правительстви Ленинпа Сталин кăтартса панисене—социализмлă государствăна тĕреклетессишĕн, унăн вăй-хăватне ӳстерсе пырассишĕн яланах тăрăшни кирлĕ, тесе кăтартса панисене асра тытса ĕçлеççĕ. Çапла вĕрентнĕ Ленин, çапла вĕрентет яланах Сталин юлташ.

Вăрçă чĕртекенсем хăйсен тулашри политикинче тĕрлĕ майпа улталама тата хăратса ӳкерме пăхаççĕ. Çавăн пек йӳнĕ тăракан тĕрлĕ ултавлă ĕçсенчен, нервсем начар çынсене хăратса ӳкерес шутпа тăвакан ĕçсенчен, хăраса ӳкмелле мар, тесе асăрхаттарнă Ленин.

Акă мĕн каланă Ленин 1922 çулта:

«...Эпир хаçатсем çинче тĕрлĕ хыпарсене, хăшне-пĕрне хăратса ӳкерес шутпа çырнăскерсене, пире темĕнле йывăрлăха кĕртсе ӳкересси çинчен калакан хыпарсене тĕл пулатпăр пулсан, вара кун пирки эпир лăпкăн кулатпăр. Хăратнисене эпир нумай курнă, хăйĕн чи юлашки хакне пĕлтерсе, алăка хупса лартма хатĕрленекен сутăç хăратнинчен ытларах хăратнисене курнă. Эпир союзлă державăсем, хăйсен аллинче пĕтĕм тĕнчене пекех тытса тăраканскерсем, тупăсемпе хăратнине те курнă. Çавăн пек хăратнисенчен эпир хăраса ӳкмерĕмĕр».

СССР çине вăрçăпа тапăнмалли плансем хатĕрлекен империалистла çăткăнсем историн çак урокĕсене ан манччăр. Çĕнĕ вăрçă пуçарма тăрăшакансем çакна пĕлсе тăччăр: тĕнчен виççĕмĕш вăрçи, вĕсем ăна пуçарсан, тĕнчери капитализмăн пĕтĕм системи пурпĕрех пĕтсе ларасси патне илсе пырать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Пĕтĕм тĕнчери рабочисен революцилле юхăмне, коммунизмла юхăма Ленинăн аслă идейисем хавхалантарса тăраççĕ. Ленинизм çĕршер миллион çынсен кĕрешӳри аслă ялавĕ пулса тăрать.

ССР Союзĕнче социализм çĕнтерни тата коммунизм туса пыни тĕнче историйĕн аталанăвĕнче пысăк вырăн йышăнать. Ленин—Сталин партийĕн опычĕ тăрăх, совет халăхĕн опычĕ тăрăх халăх демократи çĕршывĕсенчи коммунистсен тата рабочисен партийĕсем, ĕçсыннисем вĕренсе пыраççĕ. Ленинизм идейисем капитализмлă çĕршывсенчи тата колонисенчи халăхсене хăйсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн, пусмăрçăсене хирĕç кĕрешме çĕклеççĕ.

Социализм çăлтăрĕ йăлкăшакан çĕршывсенче çĕнĕ, савăнăçлă тата телейлĕ пурнăç пулса пынине тĕнчери халăхсем кураççĕ. Хăйсемшĕн, хăйсен тăван çĕршывĕшĕн ирĕклĕ ĕçлени, халăхшăн чăнчăн демократи пулни, вăй-халпа ăс-тăн вăйĕсене лайăхлатма вĕçĕмсĕр нумай майсем пурри, чи малта пыракан, этеме чăннипех хисеплекен коммунизмла идейăсем пуç пулса тăни,—çакăн пек ĕнтĕ социализмлă пурнăç йĕрки, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене хаваслантаракан йĕрке.

Çĕнĕ пурнăç тумалли çула пĕтĕм этемлĕхе Ленин—Сталин генийĕ кăтартса пачĕ. Мĕнпур çĕршывсенчи, пĕтĕм тĕнчери халăхсем паян мар пулсан, ыран çак çул çине тăрĕç. Урăх çул çук тата пулма та пултараймасть. Çакăн пек вĕрентет Ленин, çакăн пек вĕрентет истори.

Российăра революцилле юхăм пуçланнă вăхăтра Ленин çапла çырнă:

«Эпир тачă пĕтĕçнĕ пĕчĕк ушкăн пулса, чăнкă та йывăр çулпа, çирĕппĕн алла-аллăн тытăнса пыратпăр. Пире пур енчен те тăшмансем хупăрласа илнĕ, пирĕн вара ялан пекех вĕсен вут-хĕмĕ айĕнче пыма тивет».

Коммунизмла юхăма аталантарма Ленин хăйĕн пурнăçне панă. Коммунизмла юхăм ӳссе пырса никам çĕнтерейми хăватлă вăй пулса тăчĕ. Ленин—Сталин ялавĕ айне миллионшар боецсем пĕтĕçсе тăчĕç. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн ретĕнче парти членĕсемпе кандидачĕсем çичĕ миллион çынна яхăн. Тĕнчери коммунистсен партийĕсемпе рабочисен партийĕсенче çирĕм тăвата миллион çын ытла тăрать. Çакă вăл—питĕ пысăк вăй.

«Халĕ,—тет Сталин юлташ,—Китайпа Корейăран пуçласа Чехословакипе Венгри таран çĕнĕ «Ударнăй бригадăсем»—халăх демократи çĕршывĕсем пулса тăчĕç пулсан,—халĕ пирĕн партие кĕрешме çăмăлрах ĕнтĕ, тата ĕç те хаваслăрах пулса пырать».

Коммунистсен партийĕсемпе рабочисен партийĕсем ӳсни вăл—ленинизм пурнăçа кĕни, Ленин идейисем питĕ чаплă та пысăк çĕнтерӳ тунине кăтартса пани пулать. Коммунизм çĕнтерсе пырать, —коммунизм татăклăнах тата ĕмĕрлĕхех çĕнтерĕ.

Ленинизм идейисем çĕр чăмăрĕн чи инçетри кĕтесĕсене çитиччен сарăлаççĕ. Вĕсем çĕнтерӳллĕн сарăлса пынине чарса лартма пултаракан вăй çĕр çинче çук тата пулма та пултараймасть.

## III.

Совет халăхĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсене хавхалантараканĕпе организацилекенĕ —Ленинпа Сталин туса хунă Коммунистсен партийĕ. Ĕçсыннисен интересĕсемшĕн Коммунистсен партийĕ пек яланах çине тăрса, пĕр хăрамасăр кĕрешекен парти тĕнчере урăх пулман. Халăх ĕçĕшĕн хытă кĕрешнĕ пирки Ленин—Сталин партине вĕçĕмсĕр юратаççĕ тата хисеплеççĕ.

Ленинпа Сталин пирĕн партие ĕçсыннисен мĕнпур тăшманĕсене хирĕç ним хĕрхенмесĕр кĕрешнĕ çĕрте пиçĕхтерсе çирĕплетнĕ, ăна халăх вăйне çирĕп ĕненсе тăма, палăртнă тĕллев патнелле çирĕппĕн, çул çинчи пур чăрмавсене те аркатса тăкса, пĕрмаях малалла кайса пыма воспитани панă. Халăх хăйĕн кунçулне, хăйĕн пуласлăхне Ленин—Сталин партине шанса пачĕ—ăна шанса халăх йăнăш тумарĕ. Мĕнпур йывăрлăхсемпе тĕрĕслевсем витĕр, çил-тăвăлсем витĕр Коммунистсен партийĕ Ленин ялавне çӳлте тытса, Сталин юлташ ертсе пынипе, совет халăхне хăюллăн та шанчăклăн çĕнтерӳрен çĕнтерӳ патне илсе пырать.

Ленин яланах парти пĕрлĕхĕшĕн, унăн речĕсен тасалăхĕшĕн, парти членĕн ятне çӳлте тытмалла тăвассишĕн тăрăшнă. Сталин юлташ ертсе пынипе парти çак ленинла принципа çирĕппĕн пурнăçласа пырать. Коммунистсен партийĕ пĕр шухăшлă çынсен боевой союзĕ пулса тăрать, вăл хăй тачă пĕтĕçнипе, организованноçĕпе, Ленинпа Сталинăн аслă ĕçне, хăйĕн çулпуçĕпе учительне Сталин юлташа вĕçĕмсĕр хытă парăнса тăнипе вăйлă. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездра йышăннă Уставĕ парти членĕн ятне тата çӳлерех çĕклет. Парти уставĕ коммунистсем умне кăларса тăратнă требованисем коммунистсене кăна мар лайăх воспитани пама пулăшаççĕ. Ĕçсыннисен массисем парти хыççăн пыраççĕ, партирен вĕренеççĕ, вĕсем парти принципĕсем чи малта пыракан тата чи тĕрĕс шухăшлă идейăсене палăртса тăраççĕ, тесе шутлаççĕ.

Ленин яланах партие ĕçсыннисен анлă массисемпе тачă тата çирĕп çыхăнса тăма воспитани панă. Ленинăн çак требованине уйрăмах палăртса, Сталин юлташ массăсемпе çыхăнса тăни, массăсен сассисене итлеме пĕлни вăл—парти руководствин никам çĕнтерейменлĕхне палăртса тăракан тĕп паллă, тесе кăтартса панă.

Нумай çул хушшинче пухăннă опыт тăрăх, Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем çакна курса ĕненчĕç: Ленин—Сталин партийĕн халăх интересĕсемсĕр пуçне урăх интересĕсем çук, Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршывшăн, халăхшăн чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлессине хăйĕн чи пысăк тĕллевĕ, тесе шутлать. Коммунистсен партийĕн политикине пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисем хăйсен тăван политики тесе йышăнни шăпах çавăнтан килет те ĕнтĕ. Ленин идейисене пурнăçа кĕртессишĕн, ленинизм чаплă çĕнтерӳ тăвассишĕн кĕрешесси тахçанах ĕнтĕ парти ĕçĕ кăна мар, коммунистсен ĕçĕ кăна мар, çавăнпа пĕрлех партире тăманнисен анлă сийĕсен, пĕтĕм совет халăхĕн ĕçĕ пулса тăчĕ.

Чăн-чăн революцилле парти, çĕнĕ сăнарлă парти пулса тăракан Коммунистсен партийĕн паллă уйрăмлăхĕсенчен пĕри вăл—критика тата самокритика меслечĕпе усă курни пулать. Критикăпа самокритика йывăрлăхсемпе хире-хирĕçлĕхсене уçса палăртмалли тата çĕнтерсе пымалли социализмла уйрăм меслет пулса тăрать. Ленин çапла кăтартса панă: чăн-чăн революцилле парти кăна, вăйлă та тĕреклĕ, пĕтĕçӳллĕ те пĕрлĕхлĕ парти кăна хăйне хăюллăн критиклеме, хăйĕн йăнăшĕсене, хăйĕн вăйсăр енĕсене, çитменлĕхсене уçса палăртма тата çĕнтерсе пыма пултарать, тенĕ.

Сталин юлташ яланах самокритика пире сывлăш пекех, шыв пекех кирлĕ, самокритика лозунгĕ кадрсене воспитани памалли коммунистла меслетĕн чунĕ пулса тăрать, тесе вĕрентет. Ленинпа Сталин кăтартса панисене асра тытса, пирĕн парти Уставĕ: самокритикăпа аялтан килекен критикăна аталантарса пырасси, ĕçри çитменлĕхсене тупса палăртасси тата вĕсене пĕтерсе пырасси, çитĕнӳсемпе шавлăн мухтаннине тата ĕçри ăнăçусемпе çырлахса ларнине хирĕç кĕрешесси парти членĕн тĕп обязанноçĕсенчен пĕри пулать, тесе кăтартса парать. Критикăна хĕснине парти тӳсме çук киревсĕр ĕç, тесе шутлать. Кам та кам критикăна пусарать, ун вырăнне шавлăн мухтанать, вăл парти ретĕнче тăма пултараймасть.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

# В. И. Ленин вилнĕренпе XXIX çул тултарни çинчен

## Мускавра пулнă хурлăхлă-чаплă ларура Н. А. МИХАЙЛОВ юлташ тунă доклад

*(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).*

Совет халăхĕ çĕнĕ общество строительствинче тунă çитĕнÿсем чăнах та питĕ пысăк, вĕсем пĕтĕм тĕнче историйĕнче пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăраççĕ. Çав çитĕнÿсене курса халăхсен ирĕкĕсене ситмен нумай юлташсем йăнăш чухлă тата тимĕр пулса каяççĕ, вĕсен политикăллă сыхăлăхĕ мăкалать.

Совет Союзĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра историре халиччен пулман пысăк çĕнтерÿ турĕ. Вăрçă вăхăтĕнче питĕ нумай ишĕлтерсе хăварнисене, вăрçă сиенĕсене пирĕн çĕршыв кĕске вăхăтрах пĕтерчĕ, питĕ нумай малалла кайрĕ. Анчах ку вăл класс кĕрешĕвĕн ытăвĕсем пĕтĕмпех кун йĕркинчен тухса ÿкнине, халĕ ĕнтĕ капитализмлă государствăсем пирĕн çĕршывра сăтăр тăвас, диверси, шпионаж тăвас хăрушлăх суккине пĕлтермест. Коммунизм строительствинчи çитĕнÿсем мĕн чухлĕ пысăкрах,—пирĕн тăшмансем çавăн чухлĕ ирсĕртерех тата тискертерех майсемпе кĕрешеççĕ. Эпир мĕн чухлĕ ăнăçлăрах малалла кайса пыратпăр,—пирĕн халăхăн тăшманĕсем, пурпĕрех пĕтсе лармаллискерсем, çавăн чухлĕ сивĕчрех майсемпе кĕрешеç.

Совет влаçĕн политикине пурнăçласа пынин малтанхи итогĕсене туса, Ленин çапла каланă: мĕнпур рабочисемпе хресченсем, мĕнпур ĕçсыннисем ăнланса илмелли пĕррремĕш заповедь, пĕрремĕш урок вăл—яланах сыхă тăрасси, пирĕн йĕри-тавра хăйсем пире питĕ курайманнине уççăнах кăтартакан çынсем, классем, правительствăсем пуррине яланах асра тытасси пулать, тенĕ.

Класс кĕрешĕвĕ «сÿнсе пыни» çинчен калаçнисем пĕтĕмпех партие хирĕçле пулнине Сталин юлташ пĕр хут çеç мар кăтартса панă.

«Классене пĕтересси, классăр общество тăвасси тата государство пĕтсе пырасси çинчен калакан тезиса хăшпĕр юлташсем йăнăш ăнланнă; çакă вăл юлхавлăхпа йăваш чунлăха тÿрре кăларни, класс кĕрешĕвĕ сÿнсе пымалли тата государство влаçĕ вăйсăрланса пымалли çинчен калакан контрреволюциллĕ теорие тÿрре кăларни пулать, тесе ăнланнă вĕсем. Сăмах та çук, çавăн пек çынсем пирĕн партире тăма пултараймаççĕ. Вĕсем—пăсăлса кайнă çынсем, е икĕпитлĕ çынсем, вĕсене партирен хăваласа кăларас пулать. Классене пĕтересси класс кĕрешĕвĕ сÿнсе пыни урлă мар, класс кĕрешĕвĕ вăйланни урлă пурнăçланса пырать»,—тесе каланă Сталин юлташ.

Пирĕн çĕршывра социализм çĕнтерчĕ. ССР Союзĕнче эксплуататорла классене тахçанах аркатса тăкнă тата пĕтернĕ. Анчах, пирĕн çĕршывра буржуалла идеологи юлашкисем юлнă-ха, буржуалла шухăшсемпе буржуалла мораль тытакансем—чĕрĕ çынсем, пирĕн халăхăн вăрттĕн тăшманĕсем сыхланса юлнă. Çав вăрттăн тăшмансем, империализмла тĕнче вĕсене пулăшнипе, пире сăтăр тунă тата малашне те сăтăр тăвĕç. Сăтăрçă-врачсен ушкăнĕн, усал шпионсемпе çынвĕлерексен, врачсен маскипе витĕннĕскерсен, чура хуçисене—США-па Англири çынçиенсене сутăннăскерсен ĕçĕ шăпах çавăн çинчен питĕ ĕнентермелле калать те ĕнтĕ.

Совет çыннисен пурин те политикăллă сыхăлăх пысăк пулмалла пирĕн, çакăн пек пулни çеç йăваш чунлăха, тимĕрлĕхĕн усал чирне пĕтерсе хума, тăшмансем сăтăр тума пăхнине тата ăçта килчĕ унта сиенлеме пăхнине сирсе пăрахма, тăшман агентурине, вăл кирек мĕнле маскăпа витĕнсен те, тăрă шыв çине кăларма май парать. Сыхăлăх пирĕн алăри яланхи хĕçпăшал пулмалла.

Тăшман агентурисĕр пуçне, пирĕн тата тепĕр тăшман пур, вăл—пирĕн çынсем сыхăлăха çухатса çăвара карса ларни. Çăвара карса ларакансем пирĕн хушăра сахал мар. Шăпах та ĕнтĕ пирĕн çынсем сыхăлăха çухатса çăвара карса ларни шпионсемпе диверсантсене хăйсен усал ĕçне тума май парать. Пирĕн хушăра çăвара карса ларакансем пур чухне—сăтăр туни те пулать. Çапла ĕнтĕ, сăтăр тунине пĕтерес тесен, çăвара карса ларассине пĕтермелле.

Вилĕмсĕр Ленин кăтартса панисене асра тытса, совет çыннисен хăйсен сыхăлăхне мĕнпур майсемпе ÿстерсе пымаллине пĕр самантлăха та манмалла мар, вăрçă чĕртекенсем мĕн тунине сивĕччĕн астуса тăмалла тата Совет государствин Хĕçпăшаллă Вăйĕсемпе разведка органĕсене ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пымалла.

Совет обществи социализмран коммунизма куçса пынă условисенче ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парасси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулать. Ленинизм совет халăхне воспитани памалли идейăллă никĕс пулса тăрать. Коммунистсен партийĕ хăйĕн мĕнпур ĕçĕсене марксистла-ленинла теори тăрăх туса пырать, вăл çавăнпа вăйлă. Марксизм-ленинизмăн аслă пĕлтерĕшне палăртса, Сталин юлташ пирĕн партин пуянлăхĕсенчен чи паха тата чи хаклă пуянлăхĕ унăн идейăллă пуянлăхĕ пулса тăрать, тесе пĕр хут çеç мар кăтартса панă.

Ленин—Сталин партийĕ совет халăхне ĕç çине, социализмлă харпăрлăх çине коммунистла пăхма вĕрентет, унăн ĕсенче общественлă тивĕçе уççăн ăнланса илессине аталантарать, советлă патриотизмăн тата халăхсен нимпе çĕмĕреймин çирĕп туслăхĕн идейисене сарса пырать. Парти совет çыннисен чи лайăх пахалăхĕсене, коммунизмлă общество строителĕсен чи ырă енĕсене чунтан-чĕререн юратса ÿстерсе тата аталантарса пырать.

Пирĕн çĕршывра социализмла идеологи пуç пулса тăрать. Анчах çакăнтан пĕрре те партин идейăллă воспитани ĕçне мĕн чухлĕ те пулин вăйсăрлатмалли тухса тăмасть. Социализмлă идеологине вăйсăрлатни буржуаллă идеологине вăйлатасси патне илсе пырать. Партин XIX-мĕш съездĕнче идеологи ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене хыттăн критиклерĕ. Задача çавăнта пулать: ленинизм çине таянса, партин мĕнпур организацийĕсенче воспитани ĕçне вăйлатмалла тăвас пулать.

Парти хăйĕн мĕнпур ĕçне кадрсем урлă туса пырать. Кадрсене суйласа илнинчен, воспитани панинчен, вĕрентнинчен ĕçре çитĕнÿ тăвасси ĕç пулланса тăрасси килет. Ленинпа Сталин кадрсене суйласа илессине тата йышăннă решенисем пурнăçланнине тĕрĕслессине организацилĕ ĕçсен татса паракан условийĕ пулать, тесе шутланă. Кадрсем мĕнпур ĕçе татса параççĕ, тесе вĕрентет Сталин юлташ.

Кадрсене суйласа илсе воспитани парас ĕçре пирĕн ленинла-сталинла принципсене çине тăрса пурнăçа кĕртсе пырас пулать. Партин XIX-мĕш съездĕ кăларса тăратнă задачăсем тăрăх, çак ыйтусем партин организацийĕсен ĕçĕнче пĕрремĕш вырăн йышăнса тăмалла.

Нимĕн иккеленмелли те çук, Ленин—Сталин партийĕ хăйĕн историллĕ задачисене чыслă пурнăçлĕ. Хăйĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ Сталин юлташ хавхалантарнипе пула, коммунистсен партийĕ совет халăхне палăртнă тĕллев патне çирĕппĕн те шанчăклăн ертсе пырать.

* * *

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ акă мĕн пирки аслă çĕнтерÿсем тунă тата тăвать те: вăл пур ĕçре те яланах ленинизма тĕрĕс пăхăнса пырать, мĕншĕн тесен вăл Ленин хушса хăварнисене тата вăл кăтартса панисене çирĕп асра тытать тата пурнăçа кĕртет.

Пирĕн парти тĕп никĕсе хурса ĕçлекен марксистла-ленинла теори çĕнĕ опытпа кĕçĕмсĕр пуянланса, аталанса пырать. Партин, совет халăхĕн тата мĕнпур прогрессивлă этемлĕхĕн аслă çулпуçĕ тата учителĕ Сталин юлташ хăйĕн гениллĕ ĕçĕсенче ленинизма малалла, çĕнĕ саманапа—коммунизмла общество саманипе килĕшÿллĕн аталантарса пырать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Пирĕн парти совет çĕршывĕнче çĕнĕ общественлă строй çĕнтерĕвĕшĕн тата ăна тĕреклетессишĕн Ленин—Сталинăн хăватлă хĕрлĕ ялавĕ айне тăрса кĕрешнĕ тата çĕнтерÿ тунă.

Ленин ялавĕ айĕнче, Ленин ĕçне малалла туса пыракан аслă Сталин гениллĕ ертсе пынипе Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ коммунизм туса çитерĕç. (Алă çупаççĕ).

Сывă пултăр ленинизм! (Алă çупаççĕ).

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, Ленин—Сталин партийĕ—пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен хавхалантараканĕпе организаторĕ! (Алă çупаççĕ).

Сывă пултăр Ленин ĕçне малалла туса пыракан пирĕн аслă та ăслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Сталин юлташ! (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Ленин ялавĕ айĕнче, Сталин ертсе пынипе—малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне! (Мĕнпур прогрессивлă этемлĕхĕн çулпуçне Сталин юлташа чĕререн юратнине кăтартса тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ).

# ССР Союзĕн Пысăк театрĕнче пулнă хурлăхлă-чаплă лару

Çирĕм тăхăр çул каялла Владимир Ильич Ленинăн хĕрÿллĕ чĕри тапма чарăннă.

Совет халăхĕ тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх аслă Ленина—Коммунистсен партийĕпе Совет государствине туса хунă аслă çынна, мĕнпур ĕçсыннисен аслă çулпуçне чĕрере тытса асăнса пурăнать.

Ĕнер каçхине ССР Союзĕн Пысăк театрĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн, КПСС Мускав комитечĕн тата Мускав хула комитечĕн, СССР Верховнăй Совечĕпе РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕсен, ĕçсынни депутачĕсен Мускав область Совечĕпе хула Совечĕн, ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн, ВЛКСМ Мускав комитечĕпе Мускав хула комитечĕн, ВЦСПС Президиумĕн, партипе общественлă организацисен тата Совет Çарĕн представителĕсемпе пĕрле, Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе XXIX çул тултарнă май иртернĕ хурлăхлă-чаплă ларăвĕ пулнă.

Сцена варринче; шалта—В. И. Ленинăн пысăк портречĕ, ăна ялавсемпе тата чĕрĕ чечексемпе илемлетнĕ. Портрет икĕ енне: 1924—1953, тесе çырнă. Хисеплĕ хурал пĕр хускалмасăр тăрать. Сцена умĕнче, çÿлте, чĕнсе калакан çак сăмахсене çырса хунă: «Ленин ялавĕпе, Сталин ертсе пынипе—малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!».

18 сехет те 50 минут. Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин руководителĕсем президиума тухсан, вĕсене пухăва пынисем ура çине тăрса, хĕрÿллĕн саламласа, тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ.

Председатель пулса ертсе пыракан Н. М. Шверник юлташ кĕске сăмах калать тата Владимир Ильич Ленинăн çутă ятне ура çине тăрса хисеплеме сĕнет. Пурте ура çине тăраççĕ.

Хăйĕн сăмахĕнче Шверник юлташ ленинизм идейисем çĕнтерÿ хыççăн çĕнтерÿ туса пыни çинчен, халăха коммунизм патне ертсе пыракан Ленин—Сталин партийĕ çинчен калать.

Вăл хурлăхлă-чаплă лару уçăлнă тесе пĕлтерет. Доклад тума Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарьне Н. А. Михайлов юлташа сăмах параççĕ.

— Паян,—тесе калать Михайлов юлташ,—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн никĕсне хывакан тата руководителĕ, Советлă социализмлă государство туса хуракан, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçĕпе учителĕ, гениллĕ мыслитель тата революциллĕ наукăн аслă корифейĕ Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе çирĕм тăхăр çул тултарать.

Докладчик социализмлă революцин асларан та аслă генийĕ çинчен, вăл партипе халăх валли калама çук паха пуянлăх—çĕнĕ тĕнче тума вĕрентекен аслă та никам çĕнтерейми наука туса хăварни çинчен калать.

Коммунистсен партийĕ совет халăхне Ленин кăтартса панă çулпа çирĕппĕн те шанчăклăн ертсе пырать. Халĕ ĕнтĕ Совет Союзĕ социализмлă аслă держава—промышленность вăйлă аталаннă, коллективлă шултра ял хуçалăхлĕ, малта пыракан экономикăллă тата культурăллă держава пулса тăчĕ. Совет çĕршывĕ—пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн мухтавĕпе шанчăкĕ.

Марксистла-ленинла наукăна малалла аталантарса тата пуянлатса, Ленинăн шанчăклă соратникĕ тата унăн ĕçне малалла туса пыракан Сталин юлташ ССР Союзĕнчи социализм строительствин опытне пĕтĕçтерчĕ, партипе совет халăхне коммунизмшăн кĕрешмелли программăпа хĕçпăшаллантарчĕ. Ленин вилнĕренпе иртнĕ çулсенче, йывăр çаврăнусем тунă тапхăрсенче, парти çулпуçĕ тата учителĕ Сталин юлташ яланах малта пырса, хăйĕн хыççăн массăсене ертсе пычĕ.

Капитализмлă çĕршывсенчи ăру-тăру çинчен каласа, докладчик çав çĕршывсенче производительнăй вăйсем пĕр вырăнтах тăнине, капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ ытларах та ытларах тарăнланса пынине, ĕçсыннисен пурнăçĕ начарланса пынине палăртать.

Америка империализмĕ, капитализмлă лагере ертсе пыраканскер, халăхсен ирĕклĕхне пĕтерекен чи реакциллĕ, чи хура вăй тата жандарми пулса тăрать. Америка империалисчĕсем хĕçпăшалсене чакарасси çинчен, пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвасси çинчен панă сĕнÿсене йышăнассине чарса тăраççĕ, Корейăра вăрçă вăраççĕ. Америка империализмĕн çавăн пек политики ирĕклĕхе юратакан халăхсене тарăхтарать. Пур çĕршывсенче те массăсен миршĕн кĕрешмелли юхăмĕ анлă саралчĕ. Çав юхăм вăрçă пуçарма тăрăшакансен планĕсене пĕтерсе хума пултаракан вăй пулса тăрать.

Капитализмлă çĕршывсемпе колонисенчи халăхсем пусмăрçăсене хирĕç кĕрешме çĕкленеççĕ. Ленинизм çĕршер миллион çынсен ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн кĕрешмелли ялавĕ пулса тăрать. Ленинпа Сталин генийĕ пĕтĕм этемлĕхе çĕнĕ пурнăç тумалли çула кăтартса тăрать. Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем паян мар пулсан, ыран çав çул çине тăрĕç.

Михайлов юлташ хăйĕн доклачĕн юлашки пайĕнче совет халăхĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсен хавхалантараканĕ тата организаторĕ пулса тăракан Коммунистсен партийĕ çинчен калать.

Ленинпа Сталин партие, мĕнпур ĕçсыннисене сыхă пулма, пирĕн йĕри-тавра капитализмлă çĕршывсем пуррине, вĕсем пире курайманнине уççăнах палăртнине яланах асра тытма вĕрентеççĕ, тет докладчик. Пирĕн патра буржуалла идеологи юлашкисем, уйрăм харпăрлăхлă шухăшпа тата моральпе пурăнакансем, буржуалла шухăшсемпе буржуалла морале хисеплекен çынсем юлнă-ха. Пирĕн халăхăн тăшманĕсем сăтăр тунă тата малашне те сăтăр тума хăтланĕç. Сăтăр тăвассине пĕтерес шутпа пирĕн хамăр ретри сыхăсăрлăха пĕтерес пулать. Совет çыннисен хăйсен сыхăлăхне пур майсемпе те ÿстерессишĕн, вăрçă пуçарма тăрăшакансен киревсĕр ĕçĕсене сивĕччĕн асăрхаса тăрасси çинчен манма юрамасть.

Михайлов юлташ хăйĕн докладне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине хисеплесе, Ленин ĕçне малалла туса пыракан аслă та ăслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕре Сталин юлташа хисеплесе саламланипе вĕçлет.

Вăл саламласа каланă сăмахсене ырласа, пухури çынсем нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ, прогрессивнăй пĕтĕм этемлĕхĕн çулпуçне Сталин юлташа хĕрÿллĕн юратнине палăртаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ.

Пухури çынсем питĕ пысăк çĕкленÿпе парти гимнне—«Интернационал» юрлаççĕ. (ТАСС).

*Вулакансен ыйтăвĕсем çине ответлетпĕр*

# Китай Халăх Республики—тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмĕн çĕнĕ „Ударнăй бригади"

Вăрнар районĕнчи Вăрманкасри çичĕ çул вĕренмелли шкулти учитель М. Петров юлташ, Красноармейски районĕнчи Карай ял Советĕнчи «Сталинец» колхоз членĕ К. Марков юлташ Китайри демократиллĕ диктатура режимĕ çинчен пĕлесшĕн. Вĕсен ыйтăвĕ çине ответлесе, çак статьяна пичетлетпĕр.

Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тухса каланă историллĕ сăмахра Китай Халăх Республики иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн, ытти халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕрле, тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмĕн çĕнĕ «Ударнăй бригади» пулса тăнине палăртрĕ.

«Халĕ,—терĕ Сталин юлташ,—Китайпа Корейăран пуçласа Чехословакипе Венгри таран çĕнĕ «Ударнăй бригадăсем»—халăх демократи çĕршывĕсем пулса тăчĕç пулсан,—халĕ пирĕн партие кĕрешме çăмăлрах ĕнтĕ, тата ĕç те хаваслăрах пулса пырать».

1949 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче Китайăн авалхи столицинче — Пекин хулинче—Китай халăхĕн çулпуçĕ Мао Цзе-дун çĕршывăн пĕрлĕхлĕ демократиллĕ фрончĕн ячĕпе Китай Халăх Республикине туса хуни çинчен пĕлтерчĕ. Китайра Чан Кай-ши вăрă-хурахĕсем тата Америкăпа Англи империалисчĕсем хуçаланса пурăнасси пĕтрĕ.

Китай халăхĕн революцийĕ пĕтĕм тĕнчипе историллĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вăл Китайри пĕтĕм влаçа рабочи класпа унăн авангарчĕ—коммунистсен партийĕ ертсе пыракан халăх аллине пачĕ.

Китайри халăх революцийĕ чуралăхран ирĕке тухса телейлĕ пурнăç тăвакан халăх вăйлă пулнине, социализмлă Совет Союзĕ ырă кăмăлпа пулăшни Китай Халăх Республикинче çĕнĕ, телейлĕ пурнăç тăвас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнине пĕтĕм тĕнчене кăтартса парать.

* * *

Китай халăхĕ ĕлĕк питех те йывăр хĕн-хур тÿссе пурăннă. Ют çĕршывран килсе темиçе ĕмĕр хушши çаратса пурăннă манчжурсене, Португали, Испани, Франци, Англи, Германи, Япони, Америка пусмăрçисене Китай халăхĕ çав тери курайман. Китай халăхĕ хăйĕн çĕршывĕнчи тата ют çĕршывсенчен килнĕ пусмăрçăсене хирĕç яланах вăйлă кĕрешнĕ. Анчах нациллĕ буржуази вăйсăр тата пролетариат сахал йышлă пулнă пирки унăн кĕрешĕвĕ ăнăçлă пулайман.

Халăх-массисен восстанийĕсем—иртнĕ ĕмĕр варринче пулса иртнĕ тайпин-хресченсен восстанийĕ, 1900—1901 çулсенче пулнă империализма хирĕçле халăх восстанийĕ, 1911—1912 çулсенчи революци—империалистсем, пуç пулса тăрассине вăйлă кисрентернĕ, анчах çĕнтерÿ тунипе вĕçленейман.

Октябрьти Социализмла Аслă революци этемлĕхĕн пĕтĕм тĕнчери историйĕнче пысăк улшăну турĕ, вăл колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче империализм тылĕсене хавшатрĕ.

«Октябрьти революцин тупă залпĕсем,—тесе çырать Мао Цзе-дун,—пирĕн патăмăра марксизм-ленинизма илсе çитерчĕç. Октябрьти революци тĕнчери тата Китайри прогрессивнăй элементсене çĕршыв кун-çулне палăртма тата хăйсен проблемисене тепĕр хут пăхса тухма пролетариллĕ мировоззрение йышăнма пулăшрĕ. Вырăссен çулĕпе каймалла—çакăн пек пулнă вывод».

Этемлĕх историйĕнче тĕпренех улшăну тунă Октябрьти Социализмлă Аслă революци Китай историйĕнче, вырăссемпе китаецсен хушшинчи сыхăнусен историйĕнче çĕнĕ тапхăр пуçласа ячĕ.

Совет правительствине туса хурсан тепĕр куннех вăл патша Российĕ Китайпа тата пăхăнса тăракан ытти çĕршывсемпе тунă пусмăрла договорсене пăрахăçа кăларчĕ. Совет правительстви 1924 çулта Китайпа дипломатиллĕ çыхăну тунă. Совет Союзĕ Китай тĕлĕшпе, çавăн пекех ытти çĕршывсем тĕлĕшпе те, яланах пĕр тан правалăх тата никама пăхăнманлăх принципĕсене хисеплекен тулашри политика тытса пынă. Çак политикăна Китай халăхĕ яланах хĕрÿллĕн ырланă. Совет правительствин тулашри политикине саламласа, Сун Ят-сен çапла каланă:

«Мускавран тухакан лозунгсемшĕн ниçе вырăн çук. Вĕсем çĕр çинче çиçĕм пек вĕççе саланаççĕ тата кашни ĕçчен чĕрине кĕрсе вырнаçаççĕ... Эпир пĕлетпĕр, Советсем тĕрĕс мар ĕç енне нихçан та тăмаççĕ: Вĕсем пирĕншĕн тăраççĕ пулсан, тĕрĕслĕх пирĕншĕн тăрать, тĕрĕслĕх çĕнтермесĕр пултараймасть, право пусмăрлăха çĕнтермесĕр пултараймасть».

В. И. Ленинпа И. В. Сталин идейисем Китайри анлă массăсем хушшинче тĕнчери империализма хирĕçле юхăм пуçласа ячĕç. Анчах та империалистла державăсен пуç пулса тăракан ушкăнĕсем Китайра 1925—1927 çулсенчи революци анлăн саралса кайнинчен сехĕрленсе ÿкнĕ пирки çав юхăма аркатасшăн тата унта хăйсем пуç пулса тăрассине çĕнĕрен çирĕплетессишĕн пĕтĕм вăйпа тăрăшнă. Пĕр Совет Союзĕ кăна ют çĕршыв империализмне хирĕç паттăррăн кĕрешекен Китай халăхĕ майлă пулнă тата çав кĕрешÿ мĕнле пынине тимлĕн сăнаса тăнă.

Китай халăхĕн кĕрешĕвĕ мĕнле вĕçленессине курса тăрса, Сталин юлташ 1925 çулта çапла каланă:

«Китайра революциллĕ юхăмăн вăйĕсем питĕ пысăк. Вĕсем кирлĕ пек палăрман-ха. Малашне вĕсем палăраççех. Хĕвелтухăçĕнчи тата Хĕвеланăçĕнчи правительсем çав вăйсене курмаççĕ тата вĕсене кирлĕ пек шута илмеççĕ, çакна пула хĕн тÿсĕç».

Хĕвеланăçĕнче фашистла Германие тата Хĕвелтухăçĕнче империалистла Японие çĕмĕрсе тăкни, тĕнчери империализм социализм çĕршывне пĕтерсе тăкма хатĕрленĕ план арканса кайни тата Европăн Вăтаçĕрпе Кăнтăр-Хĕвелтухăç пайĕнчи çĕршывсенче халăх демократи стройĕ çĕнтерни Китай халăхне хăйĕн шалтипе тулашри тăшманĕсене хирĕç паттăррăн кĕрешме хавхалантарчĕ тата вăл çĕнтерÿ тăвассине çăмăллатрĕ.

Тĕнчери демократиллĕ вăйсем çине таянса, коммунистсен партийĕ ертсе пыракан рабочи класс тавра пĕтĕçнĕ Китай халăхĕ Америкăпа Англи империалисчĕсене пĕтĕмпех çĕмĕрсе тăкассишĕн кĕрешÿ сарса ячĕ.

Чан Кай-ши вăрă-хурахĕсене самолетсем, танксем, тупăсем, çар инструкторĕсем парса тăрса США ултă миллиард доллара яхăн расходланă. Анчах çакăнтан нимĕн те тухмарĕ.

Китайăн демократиллĕ вăйĕсем 1946—1949 çулсенче континент çинчи хăйсен территорине пĕтĕмпех реакциллĕ Гоминдан йĕркинчен тата Америкăпа Англи империалисчĕсенчен тасатрĕç, 1951 çулта Тибета мирлĕн пĕрлештерчĕç.

«Аслă Китай халăхĕн историллĕ çĕнтерĕвĕ,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра,—тĕнчери пĕтĕм империализм системине хыттăн пырса çапрĕ. Халĕ ĕнтĕ этемлĕхĕн виççĕ пайĕнчен пĕр пайне империализм пусмăрĕнчен ирĕке кăларнă, империалистла эксплуатаци сăнчăрĕсенчен хăтарнă».

Китай халăхĕ çĕнтернин сăлтавĕсене анализ туса, Центральнăй халăх правительствин председатель заместителĕ Чжу Дэ çапла çырнă: «Чан Кай-ши—Америка империализмĕн çав сăнчăрти йытти—питех те вăйлă поражени тÿсни ăнсăртран пулман. Халăх ирĕкĕпе вăйне шута илмен мĕнпур реакционерсен ĕçĕ пурпĕрех çапла вĕçленет, хăйсен çарĕн вăхăтлăха, искусственнă пулнă вăйне çеç куракан тата хăйсен политика тĕлĕшĕнчен пĕччен тăрса юлнине курма пултарайман пирки халăха хирĕç пыракан авантюристсен ĕçĕ пурпĕрех çапла вĕçленет».

* * *

Китай Халăх Республикине туса хуни çинчен пĕлтернине Китай халăхĕ пĕтĕм чĕререн савăнса йышăнчĕ.

Çав кун пĕтĕм Китай халăхĕн интересне хÿтĕлекен правительство туса хунă.

Центральнăй халăх правительстви пĕтĕм Китайăн пĕрремĕш правительстви пулса тăрать тата 500 миллиона яхăн çынлă халăха ертсе пырать.

Ирĕклĕхшĕн пынă кĕрешÿре Китай пролетариачĕ компарти ертсе пынипе чи шанчăклă союзникĕ—хресченсене хăй енне çĕнсе илчĕ. Рабочи класпа хресченсен союзĕ Китайри коммунистсен партийĕ туса хунă демократиллĕ анлă фронтăн никĕсĕ пулса тăнă. Çак фронта пролетариат нациллĕ буржуазин пĕр пайне пĕрлештернĕ, çавăнпа вара феодализма империализма хирĕçле кĕрешекен нациллĕ-демократиллĕ фронта анлăлатнă.

Китайра туса хунă халăх республики рабочи класс ертсе пыракан демократиллĕ государство пулса тăрать.

«Буржуаллă демократи—рабочи класс ертсе пыракан халăх демократине çул пачĕ, буржуаллă республика—халăх республикине çул пачĕ»,—тет Мао Цзе-дун.

Темиçе класс пĕр-пĕрнипе килĕштерсе ĕçлесе пыни Китай Халăх Республикинчи демократиллĕ стройăн тĕрекĕ пулса тăрать. Анчах демократиллĕ стройăн никĕсĕ—Китайри компарти ертсе пыракан рабочи класпа хресченсен союзĕ пулать. Европăри халăх демократи çĕршывĕсенче пролетариат диктатури тунă пулсан, Китайра вара халăхăн демократиллĕ диктатури влаçне тунă.

Китайри халăхăн политикăллă консультативлă совечĕн пĕтĕмĕшле программинче çапла каланă: «Китай халăх республикинче государство влаçне халăх тытса тăрать». Халăх влаçĕн аслă органĕ Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен пухăвĕ пулать. Вăл законсем кăларать, Китайăн Центральнăй халăх правительствине суйлать. Анчах Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен пухăвне суйличчен çав пухăвăн полномочийĕсене Китайри политикăллă консультативлă совет пурнăçласа пырать, унăн сессийĕсем хушшинче государствăн аслă влаçĕн функцийĕсене Центральнăй халăх правительстви туса тăрать.

«Китайра халăх демократи диктатури рабочи класăн, хресченсен, вак буржуазин, нациллĕ буржуазин тата ытти демократиллĕ патриотла элементсен демократиллĕ пĕрлĕхлĕ халăх фрончĕн государство влаçĕ пулса тăрать, вăл рабочи класпа хресченсен союзĕ çинче никĕсленсе тăрать тата ăна рабочи класс ертсе пырать», тенĕ консультативлă советăн пĕтĕмĕшле программинче.

Китайри центральнăй влаçăн демократиллĕ тĕрекĕ анлăланса пырать. Халăхăн массăллă демократиллĕ организацийĕсен шучĕ пĕрмаях ÿсет. Халĕ профсоюзсен ретĕнче 8.100.000 çын е промышленноçра ĕçлекен рабочисен 90 проценчĕ тăрать. Китайри çамрăксен çĕнĕ демократиллĕ союзĕн ретĕнче 6.300.000 çын. Демократиллĕ организацисем пурте халăх правительствин анлă та çирĕп общественлă тĕрекĕ пулса тăраççĕ.

Çапла ĕнтĕ, çĕнĕ Китайри демократиллĕ власть пĕрлĕхлĕ, анлă, демократиллĕ фронт çине таянса пыракан демократиллĕ халăх диктатури пулать, унăн никĕсĕ—компарти ертсе пыракан рабочи класпа хресченсен союзĕ.

Çак власть революцин иккĕмĕш тапхăрне—аграрлă реформа туса ирттерме, çавăнпа пĕр вăхăтрах промышленноçа пĕрмай аталантарса, вăрçă юхăнтарнă хуçалăха юсаса пĕтĕм çĕршывра социализмлă анлă улшăнусем тăвас ĕçе куçмалли условисем хатĕрлеме тивĕçлĕ.

Рабочи класс ертсе пыракан халăх влаçĕ Китайра экономикăпа культурăна аталантарас ĕçре çĕнтерÿсем тумалли тĕп хатĕр пулать.

Центральнăй халăх правительстви умне хуçалăха юсаса малалла аталантарас, демократиллĕ пысăк улшăнусем туса ирттерес тĕлĕшпе пысăк задачăсем тухса тăчĕç.

Китайри революци умĕнче тăракан социальнăй тата политикăллă задачăсене шута илсе, И. В. Сталин юлташ Китайра ирĕке тухассишĕн пыракан революцин виçĕ тапхăр пулмаллине кăтартса панă:

пĕрремĕш тапхăр—пĕтĕм нацин пĕрлешнĕ фончĕн революцийĕ;

иккĕмĕш тапхăр—буржуалла-демократиллĕ революци, ун чухне аграрлă юхăм ÿссе кайса вунпшар миллион хресченсен хватлă революцийĕ пулса тăрать;

виççĕмĕш тапхăр — советлă революци, халĕ вăл çук-ха, анчах та вăл пулать.

Ют çĕршыв империалисчĕсене хăваласа кăларнă тата аграрлă революци задачисен пĕр пайне татса панă хыççăн, халĕ Китайри халăх революцийĕ хăйĕн аталанăвĕн иккĕмĕш тапхăрĕнче пырать. Халĕ кунта ют çĕршыв империализмĕн унăн агентури—компрадорла буржуази пуç пулса тăрассине пĕтерес задачăна, тĕпрен илсен, пурнăçласа çитернĕ, çĕре шултра феодалсем тытса тăнине пĕтерес, çавăнпа вара революцин социализмлă тапхăрне куçмалли никĕссем тăвас задачăна ăнăçлă пурнăçласа çитереççĕ.

«Сталин юлташ Китайри революци ыйтăвĕсем тĕлĕшпе панă гениллĕ кăтартусем Китай халăхĕ революцире Китайри коммунистсен партийĕ ертсе пынипе çĕнтерÿ тăвас ĕçре çав тери пысăк вырăн йышăнса тăчĕç»,—тенĕ Китайри компарти Центральнăй Комитечĕ КПСС XIX-мĕш съездне янă саламра.

Революцин тĕрлĕ тапхăрĕсенчи задачисене, вĕсене малтанхи тапхăрта татса паман пулсан, çитес тапхăрта татса параççĕ. Революцин малтанхи икĕ тапхăрĕнчи задачисене пурнăçланă май, ирĕке тухассишĕн кĕрешÿ пынă вăхăтра ют çĕршыв империалисчĕсен тата вĕсен агентури пулса тăракан вырăнти буржуазин предприятийĕсем халăх аллине куçнă. Çапла майпа промышленноçăн государство алликчи секторĕ пулса тăнă.

Китай экономики халĕ нумай укладлă пулнипе палăрса тăрать, çавăнпа та Китайри компарти экономика енĕпе çирĕп политика тытса пырать. Экономикăри малашлăх секторĕ—государство секторĕ пулса тăрать, вăл социализм çулĕпе малалла аталанать.

Пĕтĕм Китайри рабочисемпе хресченсен депутачĕсен Цзянси провинцийĕнчи Жуйцзин хулинче пулса иртнĕ II-мĕш съездĕнче Мао Цзе-дун çапла каланă:

«Пирĕн экономикăллă политикăн принципĕсем çакăн пек: хуçалăх строительствин областĕнче мĕн май килнине пурне те тумалла; экономикăллă ресурссене фронта кирлине парса тăма тата, çавăнпа пĕр вăхăтрах, халăх массисен пурнăç условийĕсене май килнĕ таран ытларах лайăхлатма мобилизацилемелле; рабочисемпе хресченсем хушшинчи экономикăллă сыхăнăва çирĕплетмелле; пролетариат хресченсене ертсе пымалла тумалла; халăх хуçалăхĕнче государство секторĕ уйрăм харпăрлăхлă сектор тĕлĕшпе ертсе пыракан вырăна çĕнсе илмелле тата малашне социализма куçмалли майсем тумалла.

Пирĕн хуçалăх строительствинче ял хуçалăх производствине аталантарасси, промышленность производствине аталантарасси, тулашри суту-илĕве аталантарасси тата кооперацие аталантарасси тĕп задачăсем пулса тăраççĕ».

Çапла ĕнтĕ, Китайри революцин хальхи тапхăрти чи паха задачи аграрнăй революцие пурнăçласси пулса тăрать. Çавна та манма юрамасть: революци пролетариатпа унăн партийĕ ертсе пынипе çĕнтернĕ, революци гегемонĕ пулса тăракан пролетариат революцин хальхи (аграрнăй) тапхăрĕпе чарăнса тăма пултараймасть, пролетариат гегемонийĕ—пурпĕрех унăн диктатурине ÿссе çитмелле, государство секторĕ çĕршыв экономикинче тĕп сектор пулмалла. Çапла вара, государство секторĕ пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче пысăк мар вырăн йышăнать пулин те, унăн виçи пĕрмаях ÿссе пырать тата вăл çĕршыври мĕнпур экономикăллă, çав шутрах аграрлă улшăнусене те палăртса тăрать.

Çак питĕ пысăк задачăсем Китай халăхĕ умне вăл ют çĕршыв империализмне тата шалти контрреволюцие çĕмĕрсе тăкнă май тухса тăчĕç.

Китай халăхĕ империализм лагерĕнчен уйрăлчĕ, мирпе демократи тата социализм лагерьне хутшăнчĕ. Халĕ вăл тĕнчери революциллĕ юхăмпа рабочи юхăмĕн çĕнĕ «Ударнăй бригади» пулса тăрать.

Г. ЧАВКА,
Истори наукисен кандидачĕ.

# В. И. Ленинпа И. В. Сталин произведенийĕсем чăвашла

В. И. Ленинпа И. В. Сталин произведенийĕсене тĕнчери мĕнпур халăхсен чĕлхисене куçараççĕ. Вĕсене халĕ 117 чĕлхепе пичетлесе кăларнă.

Аслă учительсен кĕнекисем ССР Союзĕнче питех те йышлăн пичетленсе тухаççĕ. Сăмахран, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XVIII-мĕш тата XIX-мĕш съезчĕсем хушшинчи тапхăрта кăна марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене пирĕн çĕршыври халăхсен чĕлхипе 511 миллион экземпляр тухнă.

Марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене чăвашла та нумай пичетлесе кăларнă. Совет влаçĕ пулнăранпа Маркс, Энгельс, Ленин, Сталин произведенийĕсене чăвашла 1.414.100 экземпляр кăларнă. Çак шутра В. И. Ленин произведенийĕсем 309.200 экземпляр, И. В. Сталин произведенийĕсем — 1.054.850.

В. И. Ленинăн произведенийĕсем чăвашла чи малтан 1917—1919 çулсенче тухнă. Вĕсем ун чухне чăваш хаçачĕсемпе журналĕсенче пичетленнĕ. 1919 çулта Хусанта В. И. Ленинăн хăшпĕр произведенийĕсене уйрăм кĕнеке туса чăвашла кăларнă. Вĕсенчен çаксене асăнма пулать: «Выçлăха хирĕç кĕрешесси çинчен тунă доклад», «Колчака çĕнтернĕ май рабочисемпе хресченсем патне янă çыру» тата ыттисем те.

Халĕ аслă учителĕн В. И. Ленинăн гениллĕ произведенийĕсем кашни ялти библиотекăра, кашни клубра, кашни чăваш ĕçсыннин килĕнче пур. Сăмахран, 1953 çул тĕлне В. И. Ленин произведенийĕсенчен çаксене чăвашла куçарса кăларнă: «Мĕн вăл «халăх» тусĕсем тата вĕсем социал-демократсене хирĕç мĕнле кĕрешеççĕ?», «Мĕн тумалла?», «Ялти чухăнсем патне», «Утăм малалла, икĕ утăм каялла», «Социал-демократин демократилле революцири икĕ тактики», «Империализм—капитализмăн чи çӳлти сыпăкĕ», «Инçетрен янă çырусем», «Апрельти тезисем», «Государство тата революци», «Государство çинчен» (лекци), «Коммунизмри «сулахайлăхăн» ачалла чирĕ», «Амăртăва мĕнле организацилемелле?», «Кооперации çинчен» тата ыттисем те.

В. И. Ленинăн чылай произведенийĕсем чăвашла темиçешер хут тухнă. Тĕслĕхрен, «Кооперации çинчен» 4 хут, «Империализм—капитализмăн чи çӳлти сыпăкĕ» тата «Самăрксен союзĕсен задачисем» 3 хут, «Мĕн тумалла?», «Карл Маркс», «Фридрих Энгельс», «Амăртăва мĕнле организацилемелле?» тата ыттисем иккĕшер хут пичетленсе тухнă.

Чăвашгосиздат 1953 çулта В. И. Ленинăн çак кĕнекисене кăларма палăртнă: «Мĕн вăл «халăх» тусĕсем тата вĕсем социал-демократсене хирĕç мĕнле кĕрешеççĕ?» (2-мĕш издани), «Мĕн тумалла?» (3-мĕш издани), «Утăм малалла, икĕ утăм каялла», (2-мĕш издани), «Наци ыйтăвĕ пирки çырнă критикăлла асăрхаттарусем», «Пролетариат диктатури тапхăрĕнчи экономикăпа политика» тата ыттисем те.

В. И. Ленинпа И. В. Сталин произведенийĕсем чăвашсене кун кулленех ĕçре пулăшаççĕ, лайăххăн ĕçлеме вĕрентеççĕ, çĕнĕ çĕнтерӳсем тума хавхалантараççĕ. Вĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пирĕн умма лартнă историллĕ задачăсене вĕренме, пурнăçа кĕртме, коммунизм тума пулăшаççĕ.

1952 çулти октябрь—ноябрь уйăхĕсенче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем чăвашла пичетленсе тухрĕç.

Çулпуçăмăр И. В. Сталин юлташ XIX-мĕш съездра тухса каланă историллĕ сăмаха чăвашла 40.000 экземпляр кăларнă. Çитес вăхăтрах И. В. Сталин юлташăн çĕнĕ произведенийĕ—«ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» тухмалла. Ку произведение халĕ чăвашла куçарса çитернĕ, куçарнине редакцилени.

Совет Союзĕнчи халăхсем, çав шутра чăваш халăхĕ те, ленинизмăн никам çĕнтерейми ялавĕ айĕнче, Сталин юлташ ертсе пынипе социализм туса çитерчĕç, малалла—коммунизм патне шанчăклăн пыраççĕ.

## Аслă çулпуç çуралнă хулара

УЛЬЯНОВСК, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). В. И. Ленинăн музей-çуртне кашни кунах вĕçĕмсĕр халăх пырса тăрать. Паян кунта пин çын ытла килсе курнă. Музейре Ульяновск хулинчи рабочисемпе служащисем тата шкул ачисем, Горький хулинчи инженерсем, Хусантан килнĕ учительсем, Ульяновск облаçĕнчи колхозниксемпе ялхуçалăх специалисчĕсем, Совет Çарĕн воинĕсемпе офицерĕсем пулнă.

Музея пырса куракансем çырса хăвармалли 14-мĕш кĕнекере çапла çырни пур: «Эпир, учитель-комсомолецсем, пирĕн юратнă Ленин пурăннă çурта чунтан-чĕререн хумханса кĕрсе куртăмăр!».

«Юратнă Ильич пурăннă çурта кĕрсе курма телейлĕ пултăмăр... Ленин ача чухне мĕнле пурăнни куç умнех тухса тăчĕ...», — çапла çырса хăварнă Совет Çарĕн воинĕсем.

Паян музейре пулнисем çакăн пек çырса хăварнă: «Эпир, Горький хулинчи Молотов ячĕпе тăракан автозаводри инженерсем, эпир пурăнакан саманари гениллĕ çын В. И. Ленин ача чухне тата çамрăк чухне пурăннă çурта килсе курнине хамăр пурнăçри пысăк событи тесе шутлатпăр».

## Ĕçри çитĕнӳ

МУРКАШ. Иртнĕ çулхи IV-мĕш кварталта халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарас ĕçре чылай ял Совечĕсем пысăк çитĕнӳ турĕç. Йӳçкасси, Атапай, Шĕвĕш, Кашмаш, Ярапайкасси, Муркаш, Хăймалакасси тата Панкли ял Совечĕсем кварталти плана иртерсе тултарчĕç. Уйрăмах А. Димитриев, Л. Евдокимов, И. Кириллов налог агенчĕсен лайăх ĕçне палăртмалла. Вĕсем хăйсем ĕçленĕ ял Совечĕсенче кварталти плана чи малтан пур енĕпе те иртерсе тултарчĕç. Чăваш АССР Финанс министерстви Л. Евдокимов, И. Кириллов, А. Димитриев юлташсене укçа парса премилерĕ.

Малта пыракан налог агенчĕсем 1953 çулхи I-мĕш квартал планне Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ тĕлне 75 процентран кая мар тултарма пулса социализмлă ăмăртăва тухрĕç.

И. АНИСИМОВ.

# ВЫРĂНТИ СОВЕТСЕНЕ ДЕПУТАТА СУЙЛАМА КАНДИДАТСЕМ ТĂРАТНИ

## Халăхăн чи лайăх ывăл-хĕрĕсем

ЙĔПРЕÇ. Калинин ячĕпе тăракан колхозри колхозниксем, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, район Советне депутата суйлама колхоз председательне Сергей Петрович Чернов юлташа кандидата тăратрĕç. Чернов юлташ колхоз председателĕ пулса нумай çул хушши ĕçлет. Вăл тăрăшса ĕçленипе колхозăн обществăллă хуçалăхĕ çултан-çул вăйланса пырать. Иртнĕ суйлавра та ăна колхозниксем район Совечĕн депутачĕ пулма суйланă, вăл суйлавçăсен наказне чыслăн пурнăçласа пынă.

Йĕпреçри ача çуртĕнче ĕçлекенсен коллективĕ район Советне депутата суйлама Йĕпреç больницин врачне Евгения Васильевна Калябина юлташа кандидата тăратма йышăннă.

«Правда» колхоз членĕсем хăйсен пухăвĕнче район Советне депутата суйлама Хумпуç Патăрьел суйлав округĕ тăрăх ял Совечĕн председательне, партипе тăман совет хĕрарăмне—Мария Егоровна Егоровăна кандидата тăратрĕç. «Заря» колхозри колхозниксем суйлав умĕнхи пухура участокри зоотехника, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутатне Мария Степановна Михайлова юлташа кандидата тăратма йышăнчĕç.

Ĕçсыннисен пухăвĕсенче райсовет исполкомĕн председательне П. В. Васильков юлташа, ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарьне И. И. Семенова, Пучинкери çичĕ çул вĕренмелли шкул директорне И. Н. Брагин юлташсене тата ыттисене те кандидата тăратнă. Район Советне суйламалли 35 округ тунă, пур округсенче те кандидатсем тăратнă, доверенăйсем суйланă. Суйлав округĕсенчи комиссисем тăратнă кандидатсене регистрацилеççĕ.

Г. РУСАНОВ.
Н. ПАВЛОВ.

## ТУШКИЛ ЯЛĔНЧЕ

ТАВАЙ. Тушкилти Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем вырăнти Советсен суйлавне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илме тăрăшаççĕ.

Ялти вулав çуртĕнче агитпункт вырнаçнă. Унта кашни каçах çынсем нумай пухăнаççĕ. Агитаторсем Сталинла Конституци çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен тата партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх калаçусем иртереççĕ.

Суйлавçăсем хушшинче ĕçлеме 48 агитатор уйăрнă. Вĕсем хушшинче — ялти учительсем, медицина работникĕсем, колхоз бригадирĕсем, ял Совет депутачĕсем.

Чи лайăх агитаторсем учительница Е. Уездная, фельдшерица А. Охотникова, ял Совет депутачĕ Г. Михайлов тата колхоз бригадирĕ Ф. Михайлова — колхозниксен яланхи юратнă хăнисем.

Вырăнти Советсен суйлавне Тушкил колхозникĕсем çуракине лайăх хатĕрленсе çитнипе кĕтсе илеççĕ. Вăрлăх хывса çитерчĕ, ăна часах сортласа пĕтереççĕ.

Тушкил ялĕ — пысăк ял. Пуян та культурăллă пурăнаççĕ ял çыннисем. Нумаях пулмасть Кĕтнĕ шывĕ çинчи гидроэлектростанци туса пĕтерчĕç. Халĕ колхозниксен килĕнче Ильич лампочкисем çутатаççĕ, радио калаçать.

А. ВИКТОРОВ.

## Колхозниксен юратнă çыннисем

ЧКАЛОВСКИ. Красномайски ялĕ. Каçхине 6 сехет тĕлне ялти клуба халăх йышлă пуханчĕ. Колхозри платниксен бригадин бригадирĕ 76 çулхи В. Д. Мышов юлташ сăмах илчĕ.

— Ĕлĕк-авал пирĕн яла Начар Упи, тенĕ. Ялта 40—45 кил пулнă. Хресченсем хура пӳртсенче пурăннă. Эпĕ астăвасса пирĕн ялта хутла пĕлекен çын çукчĕ, — тет вăл. — Патша саманинче пирĕншĕн çутă кун пулман. Эпир суйлав çинчен илтмен те. Аслă Октябрь пире ирĕклĕ те савăнăçлă пурнăç пачĕ. Паян эпир Сталинла Конституци панă правăна анлăн усă курса, колхозăн ялăн шанчăклă ывăл-хĕрĕсене район Советне депутата суйлама кандидата тăрататпăр. Ял Совет председательне Федор Андреевич Зимин юлташа пурте лайăх пĕлетпĕр. Вăл 7 çул хушши ял Совет председателĕ пулса ĕçлерĕ, хăйне тӳрĕ кăмăлла тытрĕ, суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлассишĕн ырми-канми ĕçлерĕ. Федор Андреевич колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетессишĕн тăрăшса ĕçлет. Эпĕ ĕçсынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама Зимин юлташа кандидата тăратма сĕнетĕп.

Пухура 13 çын тухса каларĕ. Вĕсем пурте Ф. А. Зимин юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратма сĕннине ырларĕç.

Пуху пĕр шухăшлă пулса, ĕçсынни депутачĕсен Чкаловски район Советне 14-мĕш Красномайски суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама Ф. А. Зимин юлташа кандидата тăратма йышăнчĕ.

Татмăшри колхозниксен пухăвĕнче колхоз председателĕ Н. Чернов юлташ çапла каларĕ:

— Хамăр колхозри хастарлă колхозницăна Фекла Васильевна Николаева юлташа пирĕн колхозниксем, çеç мар, районти мĕнпур ĕçсыннисем лайăх пĕлеççĕ. Николаева юлташ 7 çул хушши ĕнтĕ фермăра сыснасем пăхать. Вăл колхозăн обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне тата тухăçлăхне ӳстерессишĕн тимлĕ ĕçлет. Кашни çулах вăл хăй пăхакан кашни сысна аминчен 20 çура илсе, вĕсене пăхса ӳстерет. Хăйĕн ĕçри опытне ытти работниксем хушшинче сарас тĕлĕшпе те тимлĕн ĕçлет. Эпĕ ĕçсынни депу[illegible]тачĕсен район Советне депутата суй[illegible] Ф. В. Николаева юлташа кандидат[illegible]ратма сĕнетĕп. Вăл малашне те тӳ[illegible] кăмăлпа ĕçлесе, общест[illegible]çе халичченхи пекех активлăн [illegible], халăх ĕçне кирлĕ пек пур[illegible]анатăн.

Ун хы[illegible]ура 6 çын тухса каларĕ. Вĕсе[illegible]аева юлташа кандидата тăратма [illegible]нине ырларĕç.

Колхозниксем, пурте пĕр кăмăллă пулса, ĕçсынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама Ф. В. Николаева юлташа кандидата тăратрĕç.

В. КУЗНЕЦОВ.

## Пĕр шухăш-кăмăлпа

Атăл леш енчи торфопредприяти клубне уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Сцена çинче И. В. Сталин юлташăн пысăк портречĕ. Клубра халăх туллиех. Унта рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем Шупашкар хула Советне депутата суйлама кандидатсем тăратасси çинчен сӳтсе явма пухăннă.

Главнăй механик А. Короленков, слесарь Н. Шатохин, шофер В. Никитин юлташсем хулари 171-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама торфопредприятя директорĕн Н. П. Глебов юлташăн кандидатурине тăратма сĕнӳ пачĕç.

Партбюро секретарĕ Д Никитина тата ытти юлташсем 172-мĕш округ тăрăх депутата суйлама КПСС хула комитечĕн секретарьне А. П. Швечков юлташа кандидата тăратма сĕнчĕç.

Унтан торфопредприятире ĕçлекенсем 173-мĕш округ тăрăх депутата суйлама производство пайĕн начальникне П. В. Егоров юлташа, 174-мĕш округ тăрăх—торф тиекенсен бригадирне Л. А. Алексеева юлташа кандидата тăратрĕç.

Çак сĕнӳсене коллектив пĕр шухăш-кăмăллă пулса йышăнчĕ.

С. ХРИСТОФОРОВ.

* * *

Атăл леш енчи электростанцинче ĕçлекенсен коллективĕ хулари 165-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама станци директорне П. А. Зубов юлташа, 166-мĕш округ тăрăх—хула Совет исполкомĕн председательне Н. П. Енчиков юлташа, 167-мĕш округ тăрăх—электростанцин котельнăй цехĕнчи стахановкăна Н. А. Андриянова юлташа, 168-мĕш округ тăрăх— электростанци управленийĕн щичĕ патĕнчи аслă дежурнăя Е. А. Несторова комсомолкăна кандидата тăратма йышăннă.

## Пуху активлă иртрĕ

ВĂРНАР. Пăва ялĕнчи «Большевик» колхоз членĕсен пухăвĕнче, ял Совет председателĕ И. Михайлов юлташ суйлав Положенийĕ çинчен каласа пачĕ. Унтан вăл Вăрнар район Советне депутата суйлама райсовет исполкомĕн председательне М. Н. Степанова юлташа кандидата тăратма сĕнчĕ.

Унтан пухура Х. Кожанова юлташ сăмах илчĕ. Вăл Степанова юлташ районти Совет депутачĕ пулма тивĕçлĕ, шанчăклă çын пулни çинчен каласа пачĕ.

Колхозниксен пухăвĕ, пĕр шухăшлă пулса, ĕçсынни депутачĕсен Вăрнар район Советне депутата суйлама М. Н. Степанова юлташа кандидата тăратма йышăнчĕ.

Пухура колхозниксем вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмла ăмăртса ĕçлеме, суйлав кунĕ тĕлне çуракине пур енĕпе те хатĕрленсе çитессишĕн тăрăшма пулчĕç, йывăç касса хатĕрлемелли тата турттармалли плана хăвăртрах тултарма вăрманта ĕçлеме «Большевик» колхозран 33 çын çуран тата 15 лав яма йышăнчĕç.

И. КОРАКОВ.

## Юлашки почтăран

### Йăнланмалла мар сводкăсем

Элĕк районĕнчи «Колхоз хаçачĕ» хаçата вулакансем вăрман хатĕрлевĕ çинчен сводкăсем тĕрĕс мар пичетленсе пынине асăрханă.—Мĕнле капла пулса тăчĕ-ха,—тенĕ «Красная Чувашия» ялхуçалăх артелĕн членĕсем,—хаçатăн декабрĕн 11-мĕшĕнче тухнă номерĕнче пирĕн колхоз вăрман касса хатĕрлемелли плана 27 процент, декабрĕн 18-мĕшĕнче тухнă номерте—29,7 процент тултарнă тесе çырнăччĕ, анчах декабрĕн 26-мĕшĕнче тухнă номерте касса хатĕрлемелли плана 3,3 процент çеç тултарни çинчен пĕлтерчĕ.

Вулакансем «Колхоз хаçачĕ» хаçатра (редакторĕ А. Н. Мешнов юлташ) йăнланмалла мар сводкăсем пичетленнишĕн ӳпкелешни питех те вырăнлă. Хаçатра çырнă тăрăх, «Самолет» колхоз касса хатĕрлемелли плана декабрĕн 6-мĕшĕ тĕлне 33 процент, декабрĕн 15-мĕшĕ тĕлне 4.4 процент (?!) тултарнă. «За мир», «За коммунизм», Жданов ячĕпе, Чапаев ячĕпе, Пушкин ячĕпе тăракан колхозсем вăрман хатĕрлемелли плана тултарнине те е пысăклатса е пĕчĕклетсе кăтартнă.

### Редакцине килнĕ çыру тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат Вăрнар районĕнчи Хĕрлĕ Çыр ялĕнче пурăнакан Р. Г. Григорьевăран çыру илчĕ. Çырура Р. Г. Григорьева хăйĕн сывлăхĕ начарри çинчен пĕлтерне.

Р. Г. Григорьевăна пулăшу пама ыйтса, редакци çав çырăва туберкулеза хирĕç кĕрешекен республикăри диспансера ярса пачĕ. Унтан пире çапла пĕлтерчĕç:

Р. Г. Григорьева чирне тĕпчесе пĕлме тата васкавлă пулăшу пама Арапуç больницинчи врач-хирурга Тимошенкăна хушнă. Чире тĕрĕслесе пĕлнĕ тăрăх, Григорьевăна сыватас ĕçе больницăра пуçарса ямалла.

### „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырна хыççăн

#### „Парторганизаци колхоз кадрĕсемпе ĕçлемест“

1952 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Парторганизаци колхоз кадрĕсемпе ĕçлемест» ятлă корреспонденци пичетленсе тухнăччĕ. Кун пирки КПСС Хĕрлĕ Чутай райкомĕ çапла пĕлтерчĕ:

Корреспонденцие парторганизацин пухăвĕнче сӳтсе явнă, корреспонденцире кăтартса панă çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

Парти пухăвĕ партбюрона колхоз правленине ертсе пыракан кадрсем суйласа илес тата вĕсене воспитани парас ĕçе кирлĕ пек йĕркелеме хушнă.

Ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пыманшăн Михатайкин юлташа лаша ферми заведующийĕнчен кăларнă.

Уй-хирте тата итем çинче пăсалнă тырпулшăн айăплă çынсене тупса палăртнă, вĕсенчен 16.710 тенкĕ шыраса илме ĕçе халăх сучĕ аллине панă.

Колхоз председателĕн заместительне Жандаров юлташа ĕç çине тӳрĕ кăмăлпа пăхманшăн тата пĕрмай ĕçсе çӳренĕшĕн КПСС райкомĕн бюровĕ хытă ятлана тата колхоз председателĕн заместителĕнчен кăларма хушнă.

# Выльăх-чĕрлĕх тухăçне ӳстерессишĕн

Пирĕн Нĕрĕш ял Советĕнчи колхозсем, пĕр-пĕрине пĕрлешсе шултра хуçалăхлă артель туса хуриччен, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕçне аталантарас тĕлĕшпе çулленех кайри вырăнта тăнă. Выльăхсен шучĕ сахал, тухăçлăхĕ ытла та пĕчĕккĕ пулнă. Сăмахран, кашни ĕнерен çулталăкра 600 литртан ытла сĕт илеймен. Фермăсем сахал тухăçлă пулнипе колхозсем государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлайман, задание срокра пурнăçлас тесе аш-какайпа сĕт-çăва чылай чухне айккинчен туянса панă, çавăн пирки колхоз производствин пысăк нушисенех тивĕçтермесĕр хăварнă.

Колхозсем пĕрлешнĕ хыççăн пирĕн ĕçсем урăхла пулса пыма пуçларĕç. Шултра хуçалăхра обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли кĕске вăхăтрах стандартлă типовой витесем туса лартма, выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетсе пыма, зоотехникăпа ветеринари кăтартăвĕсене лайăххăн пурнăçлама, çавна май выльăх-чĕрлĕх шутне, унăн тухăçлăхне те ӳстерме пысăк майсем туха тăчĕç.

Эпĕ хамăр колхозра çав майсемпе мĕнле усă курни, умри йывăрлăхсене мĕнле çĕнтерсе пыни çинчен каласа парасшăн.

Икĕ колхоз пĕрлешнĕ хыççăн, 1950 çулта, эпир мĕнпур выльăхсене тăвăр витесенчен лайăх витесене куçарас задачăна лартрăмăр. Ку задачăна пурнăçлама пирвайхи вăхăтра çăмăлах пулмарĕ. «Витесем пур çинчех тата çĕнĕрен тăвассишĕн пысăк укçа-тенкĕпе материалсем тăккалама мĕне кирлĕ», тесе шутлакансем те пулчĕç. Ун пек çынсем малашнехине курмаççĕ, обществăллă интереса манса, хăйсен паянхи интересне çеç пурăнаççĕ.

Паллах ĕнтĕ, эпир ун пек çынсем хыççăн каймарăмăр. Малта пыракан колхозниксен вăйĕ çине таянса, правлени çĕнĕ витесен строительствине хăвăртлатса пыма тăрăшрĕ. Виçĕ çул хушшинче 69 ĕне, 84 лаша, 200 сурăх, 500 пуç хурпа чăх валли çĕнĕрен 6 стандартлă вите туса лартрăмăр.

Ăшă, çутă, таса витесем тунипе выльăхсене тĕрĕс хĕл каçарма, уйрăмах çамрăк выльăхсене сывлăхлă ӳстерме май парать. Сысна çурисем, путексемпе пăрусем, тихасем шăнса пăсăлса вилнĕ тĕслĕхсем пирĕн колхозра пĕтрĕç.

Пĕрлешиччен кунти колхозсем выльăх апачĕ çитменнипе çулленех пысăк йывăрлăхсем тӳснĕ. Пĕчĕк çĕр лаптăкĕ çинче выльăх апачĕн çирĕп никĕсне аталантарма май çук ĕнтĕ. Пĕрлешнĕ хыççăнах эпир çак пысăк та кирлĕ задачăна кĕске срокра татса парас тĕллев тытрăмăр. Çĕнĕ условисенче пĕр çул тата нумай çул ӳсекен курăксем акăнакан тĕрĕс пусă çаврăнăшне пурнăçлама, çавна май выльăх-чĕрлĕх валли тĕрлĕ апатсем нумайрах хатĕрлеме пысăк майсем пулса тăчĕç. Халĕ пирĕн пусă çаврăнăшĕнче выльăх апачĕ акса тăвакан çĕр лаптăкĕ 80 гектартан иртрĕ.

1952 çулта эпир симĕс конвейерпа усă курма тытăнтăмăр. Пирĕн колхозăн улăхсаран тата выльăх çӳретмелли вырăнсем те çукпа пĕрех. 27 гектар çарана выльăх таптаса пĕтерет. Симĕс конвейер валли эпир 1951 çулти кĕркунне ыраш, 1952 çулти май тата июнь уйăхĕсенче сĕлĕ акса хăвартăмăр. Май тата июнь уйăхĕсенче выльăхсене алăран пама ыраш калчине, июльтен пуçласа сентябрь уйăхĕччен сĕлĕ калчине çулса тăтăмăр. Симĕс конвейер пысăк усă кӳнине, уйрăмах ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстерме пулăшнине курса, пирĕн колхозниксем, чи малтан ферма работникĕсем, ку меслетпе малашне тата анлăрах усă курма сĕнеççĕ.

Çĕнĕ пусă çаврăнăшĕнче çĕрулми лартакан тата тымарçимĕçсем акакан çĕр лаптăкĕ те ӳсет. Кунпа пĕрлех эпир çак пахча культурисен агротехникине лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса иртерме палăртатпăр.

Выльăх апачĕн рационĕнче силос пысăк вырăн йышăнать. Хăшпĕр колхозниксем çак апата хакламаннине сирсе пырса, эпир силоса халĕ, иртнĕ çултисемпе танлаштарсан, икĕ хута яхăн нумайрах хыватпăр.

Правлени пур йышши выльăх апачĕсене лайăх çанталăкра тата тăккаламасăр пухса кĕртме мĕнпур вăйсене мобилизацилерĕ. 1952—1953 çулсенчи хĕллехи сезонта выльăхсене тăрантарса усрама çакăн чухлĕ апат уйăрса хăвартăмăр: пĕр çулхи курăксемпе утă—1.500 центнер, силос—200, ыраш улăмĕ—3.800, çуртри улăмĕпе арпа—4.080, тымарçимĕçпе çĕрулми—3.300, тырă — 1.060 центнер. Çакăн чухлĕ апат фермăсенчи выльăхсене зоотехника кăтартнă нормăпа тăрантарса усрама ытлашшипех çитет.

Паллах ĕнтĕ, тĕрĕс усă курмасан е тирпейлĕ тыткаламасан, ытлашшипех хатĕрленĕ апат та вăхăтсăр тата усăсăр пĕтме пултарать. Выльăх апачĕсене мĕнле расходланине тата выльăхсене тĕрĕс тăрантарнине кашни фермăра çирĕп учет туса тăратпăр. Выльăхсене рационпа тăрантармасан вĕсен тухăçлăхне ӳстересси çинче шанма питĕ хĕн.

Ку тĕлĕшпе пирĕн ферма работникĕсем пуян опыт пухнă теме çук-ха. Анчах хальхи результатсем те куç умне лайăх курăнаççĕ. Сăмахран, пирĕн фермăра вăтамран 350 килограмм йывăрăш, талăкра 10—12 литр сĕт паракан ĕнен хальхи вăхăтра талăкри рационĕ çакăн пек: соя чусти (жмых)—2 килограмм, посыпка—1, силос—8—9, тымарçимĕç—10, утă—5—6, çуртрипе ыраш улăмĕ—10—12 килограмм. Çавăн пекех сыснасене те рационпа тăрантарма тăрăшатпăр.

Пирĕн колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе лайăхлатнă май унăн тухăçлăхĕ ӳснине çак таблицăран курма пулать:

| Çулталăк вĕçне | Сăвакан ĕнесен шучĕ | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) | Сыснасен шучĕ | Кашни 100 гектар пусне чĕрĕ виçепе сысна ашĕ илнĕ (центнерпа) |
|---|---|---|---|---|
| 1950 | 31 | 578 | 107 | 3,24 |
| 1951 | 31 | 659 | 177 | 6,79 |
| 1952 | 32 | 1.380 | 190 | 13,56 |

Çак таблицăран пирĕн колхоз ферминчи ĕнесен сĕт тухăçлăхĕ виçĕ çул хушшинче 2,4 хут, сыснасен аш-какай тухăçлăхĕ 4,1 хут ӳснине курма пулать. Çакă вăл обществăллă хуçалăха аталантарма колхозра вĕçĕмсĕр пысăк резервсем пуррине, вĕсене тупса ĕçре усă курас тĕлĕшпе эпир малашне тата пысăк ăсталăхпа ĕçлемеллине кăтартса парать.

Сысна чи пысăк тухăçлă выльăх пулни çинчен эпир нумайранпа калаçатпăр ĕнтĕ. Анчах пĕчĕк колхозсенче çак тупăшлă выльăха ĕрчетесси çине çителĕксĕр пăхнă, «апат хатĕрлесе çитерейместпĕр» тесе, сысна фермисене ячĕшĕн çеç тытса усранă, сыснасен ăратлăхне лайăхлатма тăрăшман, апат хатĕрлемен пирки çамрăк çурасене сутса пĕтернĕ.

Эпир хамăр колхозри фермăра шултра ăратлă сыснасем усратпăр. Ку ăрат, Çĕрпӳри селекци станцинче тата районти темиçе колхозра сăнаса тĕрĕслеме суйласа илнĕскер, пирĕн условисенче тухăçлă ăрат пулни курăнчĕ. Халĕ пирĕн колхозра та 12-шер пăт таякан сыснасем пур ĕнтĕ. Сысна-выльăх колхозшăн тата государствăшăн та тупăшлă пулнине çирĕплетсе пама пĕр-икĕ тĕслĕх илетĕп.

1952 çулта, государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана срокчен тата иртерсе тултарнă хыççăн, эпир 52 çамрăк сыснана самăртма хупрăмăр. Нумаях та пулмасть 1953 çулшăн хатĕрлев пунктне 19 сысна леçсе патăмăр. Вĕсем пурĕ 14,14 центнер туртрĕç, сысна-выльăх панăшăн кун çумне тата 4,20 центнер ӳстерсе хучĕç. Çапла вара 19 пуç сысна виçи 18,34 центнерпа танлашрĕ. Пирĕн колхозăн 1953 çулта государствăна сысна-выльăх памалли план тулчĕ те.

Кунпа пĕрлех хатĕрлев пунктне фермăра пăрахăçланă 5 ĕнене ăсатрăмăр. Вĕсем пурĕ те 8,48 центнер туртнă, анчах начар ӳтлĕ пулнăшăн 2,32 центнерне чакарнă. Сутмалли ĕне вылвăх паянхи кун пĕр пуç та çук, çав вăхăтрах сутуилӳ организацийĕсене тата колхоз пасарĕнче сутма 30 сысна çитерсе самăртрăмăр.

Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе хăвăрттăн аталантарассишĕн эпир хăй вăхăтĕнче укçа-тенкĕ те, строительство материалĕсене те хĕрхенсе тăмарăмăр. Çав тăкаксем халĕ колхоза каялла ытлашшипех таврăнаççĕ. 1950 çулта выльăх-чĕрлĕхрен илнĕ тупăш пурĕ те 17.209 тенкĕ çеç пулнăччĕ. 1952 çулта вара ку тупăш 95.937 тенке çитрĕ, урăхла каласан, виçĕ çул хушшинче 5,5 хут ӳсрĕ. 1952 çулта илнĕ тупăшран çуррине ытла сысна ферми панă.

Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе партипе правительство хамăр умма лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассине чи малтан фермăсенчи кадрсем, коммунизм ĕçне чунтан парăннă çынсем татса параççĕ. Пирĕн фермăсенче хăйсен ĕçне ăста пĕлекен, обществăллă хуçалăх интересĕсемшĕн тăрăшакан работниксемпе работницăсем ӳссе çитĕнеççĕ.

Т. Филиппова доярка хăй пăхакан 7 ĕнерен кашнинчен вăтам шутпа 1.447 литр, планпа палăртнинчен 297 литр ытларах сĕт суса илчĕ. З. Кириллова, Л. Кузьмина, М. Александрова дояркăсем те хăйсем пăхакан ĕнесенчен сĕт суса илмелли задание иртерсе тултарчĕç.

Свинаркăсен те 1952 çулти çитĕнĕвĕ пĕчĕк мар. А. Гайкина юлташ 6 амаран, планпа пăхнă 77 çура вырăнне, 80 çура илчĕ, çулталăк тăршшĕнче колхозра чĕрĕ виçепе 22 центнер ытла сысна-выльăх ӳстерсе пачĕ. Н. Михайлова тата Л. Михайлова свинаркăсем те ама сыснасенчен çура илмелли, сыснасем пăхса ӳстермелли задание ăнăçлăн пурнăçларĕç.

Партин XIX-мĕш съезчĕ çĕршыври колхозсемпе совхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх шутне, унпа пĕрлех тухăçлăхне те малалла ӳстерес тĕлĕшпе ялхуçалăх работникĕсем умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. Пилĕкмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче обществăллă выльăх-чĕрлĕхрен, иртнĕ пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, аш-какай 80—90 процент, сĕт-çу 45—50 процент, çăм 2—2,5 хут, çăмартан 6—7 хут нумайрах илмелле.

Коммунистсен партийĕ, аслă çулпуç Сталин юлташ пире халиччен ĕçсен результачĕсем çине критикăллă пăхма, хамăр ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн уçса палăртма, хуçалăхри резервсене тупса палăртасси çине тимлĕрех пăхма вĕрентеççĕ.

Пирĕн колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе организацилессинче тата ертсе пырассинче те çитменлĕхсем пур-ха. Фермăсенчи йывăр ĕçсене çителĕксĕр механизацилени, сăвакан ĕнесен шучĕ сахал пулни, сĕтеклĕ апатсем хатĕрлес ĕç кирлĕ пек пулайманни пире хуçалăхри резервсене тупса ĕçре усă курасси çине мĕнпур тимлĕхпе пăхма хушать.

Фермăсенчи кадрсен пĕлĕвне тата квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе те эпир çителĕксĕр ĕçлетпĕр-ха. Ку тĕлĕшпе ялхуçалăх специалисчĕсене те хытă критиклемелле. Пирĕн колхозри зоотехникăпа ветеринарие вĕренмелли виçĕ çуллăх курса ертсе пыма Тавăшкасси участокĕнчи зоотехника Алексеев юлташа çирĕплетнĕ. Вăл хăйĕн ĕçне тӳррĕн тума тăрăшни питех курăнмасть, пирĕн работниксене совет зоотехникипе ветеринари наукисен çитĕнĕвĕсемпе, малта пыракансен паха ĕç меслечĕпе тĕплĕн паллаштарма тăрăшмасть.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата аслă Сталин хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕнче панă кăтартусене пирĕн колхозниксем ниçтан хинчен пысăк çĕкленӳпе йышăнса илчĕç. Юратнă çулпуç пирĕн совет халăхĕ коммунизм патне çитмелли çула кăтартса панă аслă программăпа хавхаланса, пирĕн колхозниксем Тăван çĕршывра тырăпа техникăллă культурăсем тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытлăн-çитлĕн пулмалла тăвассишĕн каçалхи çул тата пысăк хастарлăхпа ĕçлĕç.

И. ВАСИЛЬЕВ,
Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

# В. И. Ленина хисеплесе асăнаççĕ

### ЧЕХОСЛОВАКИ

ПРАГА, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири предприятисемпе учрежденисенче, ялсенче пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен гениллĕ çулпуçĕпе учительне В. И. Ленина хисеплесе асăнса каласусем иртереççĕ тата фотовыставкăсем уçаççĕ.

Чехословакири политикăллă тата наукăллă пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн лекторĕсем тата марксизм-ленинизмăн районсенчи кабинечĕсен лекторĕсем В. И. Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен лекцисемпе докладсем иртереççĕ.

Чехословакири кинотеатрсен экранĕсем çинче совет кинематографийĕн чаплă произведенийĕсене — «Ленин в Октябре», «Ленин в 1918 году», «Клятва», «Незабываемый 1919-й год» тата ытти кинофильмсене кăтартаççĕ. Прагăри патефонсем туса кăларакан завод Ленин кунĕсем тĕлне В. И. Ленин тухса каланă сăмахсене çырнă пластинкăсем кăларнă.

### БОЛГАРИ

СОФИЯ, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм Болгари халăхĕ аслă Ленина хисеплĕсе асăнать. Çак кунсенче çĕршыври хуласемпе ялсенче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсене палăртса пухусем иртереççĕ. Агитаторсем Совет государстви Совет Союзĕнче социализмпа коммунизм строительствинче тунă историллĕ çĕнтерӳсем çинчен каласусем иртереççĕ. Предприятисенче стена хаçачĕсен ятарласа хатĕрленĕ номерĕсене кăлараççĕ. Рабочисен клубĕсенче Ленин кĕтесĕсем йĕркелеççĕ. София хулинче январĕн 21-мĕшĕнче В. И. Ленина хисеплесе асăнса хурлăхлă-чаплă лару иртереççĕ.

Фабрикăсемпе заводсенче ĕçлекенсем Ленин кунĕсене социализмлă ăмăртăва анлăн сарса янипе паллă тăваççĕ. Государствăн Русе хулинчи «Ана Вентура» предприятийĕн коллективĕ Ленин кунĕсенче пысăк тӳхăçлă ĕçлеме тата питĕ лайăх пахалăхлă продукци туса кăларма йышăннă. Ку предприятири нумай рабочисем январь уйăхĕн планне иртерсе тултарма тата питĕ лайăх пахалăхлă продукци туса кăларма обязательствăсем илнĕ.

Ленин кунĕсенче çĕршыври экрансем çинче Совет Союзĕнче кăларнă «Ленин в 1918 году», «Клятва» фильмсене тата «Владимир Ильич Ленин» ятлă документальнăй фильм кăтартаççĕ.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ

БЕРЛИН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Германири ĕçсыннисем пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçне, тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государствăна туса хуракан сынна — Владимир Ильич Ленина чунчĕререн хисеплесе асăнаççĕ.

Демократиллĕ Германи Республикинчи хуласемпе ялсенче — предприятисенче, учрежденисенче, шкулсенче çак кунсенче Владимир Ильич Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен лекцисемпе каласусем иртереççĕ.

В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнă май Берлинри «Ауфбау-Ферлаг» издательстви В. И. Ленинăн произведенийĕсемпе статьисен сборникне пичетлесе кăларнă.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕçсыннисем аслă Ленина хисеплесе асăнаççĕ. Корейăри мĕнпур хаçатсем çак кунсенче революцин аслă стратегĕн, Совет государствин никĕсне хываканăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен çырнă материалсем пичетлеççĕ. «Чосон инмингун» хаçат «Аслă Ленин ялавĕ айĕнче Корея халăхĕ çĕнтерет» ятлă пысăк статья пичетлесе кăларнă.

Пхеньянри радио «29 çул Ленинсăр, Сталин ертсе пынипе, Ленин çулĕпе», «Ленин ĕçĕ пурăнать» темăсем тăрăх передачăсем йĕркеленĕ.

Мĕнпур хуласемпе ялсенче, предприятисемпе шкулсенче, Корея Халăх çарĕн чаçĕсенче В. И. Ленина хисеплесе асăнса нумай çынлă хурлăхлă-чаплă ларусем пулса иртеççĕ. Концертсем паракан вуншар бригадăсем фронта тата Тяган, Çурçĕр Хамген провинцийĕсенчи сăрт-туллă инçетри районсене тухса кайнă. Ку бригадăсен программисенче Совет Союзĕнчи тата Корейăри поэтсем Ленинпа Сталин çинчен çырнă сăвăсемпе юрăсем, совет драматургĕсем Ленинпа Сталин çинчен çырнă пьеса сыпăкĕсем пур.

Пхеньянра, Моранбон ятлă сăрт патне пырса тухакан урамсенчен пĕринче, çак кунсенче хулара пурăнакан çынсен пысăк ушкăнĕсене курма пулать. Вĕсем В. И. Ленинăн пурнăçне кăтартса паракан ӳкерчĕксенчен тунă стендсене пысăк тимлĕхпе пăхаççĕ. Стендсене лайăх илемлетнĕ. Юлашки вăхăтра вăл стендсене Пхеньянра пурăнакансем çĕршер çын пырса курнă. Çавăн пек выставкăсене Корейăн Совет Союзĕпе культурăллă çыхăну тытакан обществин хулари комитечĕ Пхеньянăн ытти нумай районĕсенче те йĕркеленĕ.

### МОНГОЛИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ

УЛАН-БАТОР, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи халăхĕ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен аслă çулпуçĕпе учителĕ В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине анлăн паллă тăвать. Предприятисенче, учрежденисенче, аратсен производствăллă пĕрлешĕвĕсенче, государство хуçалăхĕсенче В. И. Ленина асăнса рабочисен, аратсен тата интеллигенцин пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Клубсемпе театрсенче, библиотекăсенче Владимир Ильич пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартса паракан фотовыставкăсем тата кĕнеке выставкисем уçнă.

Монголири мĕнпур хаçатсем Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче ленинизм идейисем çĕнтерни çинчен пысăк статьясем пичетлеççĕ.

# Поронинăра В. И. Ленин музейне аслăлатнă

ВАРШАВА, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнă май, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн парти историйĕн пайĕ пуçарнипе Поронинăра В. И. Ленин музейĕн пайсене аслăлатас тĕлĕшпе ĕçсем туса иртернĕ.

И. В. Сталин ĕçĕсене кăтартса паракан залри экспонатсен хисепне чылай нумайлатнă. Ку залра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене кăтартса паракан экспонатсем вырнаçтарнă.

Музейăн халăх демократи çĕршывĕсем çинчен калакан залĕнче те çĕнĕ экспонатсем хушăннă.

«Кĕнеке тата пĕлӳ» издательстви «Поронинăри Ленин музейĕ» ятлă пысăк альбом пичетлесе кăларнă. Ăна Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн парти историйĕн пайĕ хатĕрленĕ.

# Венгрире 1952 çулхи плана тултарнин итогĕсем

БУДАПЕШТ, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Венгрире 1952 çулхи плана мĕнле тултарни çинчен Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтерине пичетлесе кăларнă.

Халăх хуçалăхĕнче иртнĕ çулта чылай çитĕнӳсем тунă. Промышленность плана 100,7 процент тултарнă.

Çĕр кăмрăкĕ кăларасси, 1951 çулхипе танлаштарсан, 122,8 процент, пăхăр шăратасси—119,3 процент, чугун шăратасси—126,7 процент, груз тиемелли машинăсем туса кăларасси—166,3 процент пулнă.

1952 çулта предприятисене çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе чылай çитĕнӳсем тунă.

1952 çулта фабрикăсемпе заводсем туса кăларнă продукция хăйне ларакан хакĕ 1951 çулхипе танлаштарсан, малтанлăха шутланă тăрăх, 4,2 процент чакнă. Продукции хăйне ларакан хакне йӳнетесси планпа палăртнă шая çитеймен.

Иртнĕ çулта ялхуçалăхĕн социализмлă секторĕнче чылай ӳсĕм тунă.

Партипе правительство хаксемпе ĕç укçине йĕркелесси тата карточка системине пĕтересси çинчен 1951 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕнче решени йышăннă хыççăн, 1952 çулта халăха апат-çимĕç продукчĕсемпе промышленность таварĕсем сутас ĕç чылай лайăхланнă.

Тырпул ӳстерме çанталăк условийĕсем япăхрах пулнă пулин те, ĕç хресченĕсем тырпул памалли çулталăкри плана тултарнă. Ку вăл халăха апат-çимĕç продукчĕсене çителĕклĕ таран парса тăма май парать.

Халăх хуçалăхĕ ăнăçлă аталаннине çак факт та çирĕплетсе парать: 1952 çул вĕçленнĕ тĕле рабочисемпе служащисен хисепĕ 2.295 пин çын пулнă. Ку вăл 1951 çулхинчен 203 пин çын ытларах пулать.

Культурăпа халăха сутта кăларас ĕç те малалла аталанса пынă.

1952 çулта наци тупăшĕ 1951 çулхи тупăшран 4,7 процент пысăкрах пулнă.

### МОНГОЛИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧИ ĔÇСЫННИСЕН ПРОИЗВОДСТВАРА ТУНА ÇИТĔНЕВĔСЕМ

УЛАН-БАТОР, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчен пуçласах Монголи Халăх Республикинчи малта пыракан предприятисем продукци туса кăларассине ӳстереççĕ, унăн пахалăхне лайăхлатса пыраççĕ. Предприятисенче социализмлă ăмăрту анлăрах та анлăрах сарăлса пырать.

Чойбалсан маршал ячĕпе тăракан промкомбинатăн атă-пушмак фабрики 1952 çулхи производство планне ăнăçлă тултарнă. Вăл планран иртерсе 550.391 тугриклăх атă-пушмак туса кăларнă. Совет Союзĕнчи Муштукова стахановкăн примерĕпе кунта чĕртаварпа материал перекетлессишĕн тата лайăх пахалăхлă атă-пушмак туса кăларассишĕн кĕрешӳ сарăлнă. Фабрика коллективĕ çĕнĕ, 1953 çулта пысăк хастарлăхпа ĕçлет. Январĕн пĕрремĕш çур уйăхĕн планне иртерсе тултарнă. Вуншар рабочисемпе работницăсем кулленхи нормăна 150—200 процент тултарса пыраççĕ, питĕ лайăх продукци кăна туса кăлараççĕ, чĕртаварсемпе материалсем нумай перекетлеççĕ.

Налайхари шахтерсем çĕр кăмрăкĕ кăлармалли хăвăртлăха ӳстернĕçемĕн ӳстерсе пыраççĕ. Январĕн пĕрремĕш çур уйăхĕнче 14-мĕш номерлĕ шахта коллективĕ хăйĕн заданине 120 процент тултарнă. Планран иртерсе темиçе çĕр тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă. 7-мĕш тата 9-мĕш номерлĕ шахтăсем те хăйсен заданийĕсене иртерсе тултарнă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америкăн сывлăшри вăрăхурахĕсем Саривонь хулин районĕ çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем çук пулин те, каллех пырса тапăннă, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Халăх хушшинче вилнисем нумай, пурăнмалли вуншар çуртсене аркатнă.

Зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 7 самолетне персе ӳкернĕ.

## США Корейăра Франко çарĕпе усă курма шутлать

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Шанчăклă çынсенчен пĕлнĕ хыпарсем тесе, «Крисчен Сайенс Монитор» хаçатăн Мадридри корреспонденчĕ Ричард Маурер çапла пĕлтерет: 1952 çулхи декабрь уйăхĕнче Мадрида пырса кайнă чухне Америка çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ, арми генералĕ Коллинс Испани çарĕсене Корейăна ярасси çинчен ыйту хускатнă.

Корреспондент çакна кăтартса парать: декабрь уйăхĕн варринче Коллинс Испани дивизийĕн командующийĕ пулнă Эстебан Инфантес генерал-лейтенантпа калаçнă. Инфантес ертсе пынă дивизи 1941 çулта гитлерла çарсемпе пĕрле Совет Союзне хирĕç çапăçнă пулнă. Коллинс Мадридран тухса кайнă хыççăн, Франко Испани çарĕсене Корейăна яма хатĕр пулни çинчен пĕлтернĕ. Корреспондент малалла çапла çырать: «Испанипе Америка хушшинче çар килĕшĕвĕ çине алă пуснă хыççăнах, Эстебан Инфантес февраль е март уйăхĕнче Пĕрлешӳллĕ Штатсене тухса каять, тесе пĕлтереççĕ. Эстебан Инфантес США-на каять. Унта вăл Пентагон (США-н çар ведомстви) представителĕсемпе пĕрле Испанин офицерĕсемпе инструкторĕсене вĕрентсе хатĕрлеме, вĕсене хальхи вăрçăн меслечĕсемпе тата хĕçпăшалсемпе паллаштарма, программа тăвас шутпа каять, теççĕ. Ку вăл Испани çарне çĕнĕлле йĕркелес çĕрте малтанхи утăм туни пулать».

## Уругвайри Мир Совечĕн генеральнăй секретарĕн статьи

МОНТЕВИДЕО, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Хустисия» хаçат Наци Мир Совечĕн генеральнăй секретарĕ Хосе Луис Массера çырнă статьяна пичетлесе кăларнă. Статьяна халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсем пирки çырнă. Массера çакна паллă тăвать: Уругвайри миршĕн тăракансен чи малтанхи задачи вăл Конгресс решенийĕсене халăхăн пур сийĕсем хушшинче те анлăн пропагандăласси пулать.

Çĕршывăн тĕрлĕ вырăнĕсенче пухусемпе конференцисем иртерме хатĕрленеççĕ. Пухусемпе конференцисенче халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Вена хулинче пулса иртнĕ Конгресăн ĕçне хутшăннă делегатсем тухса калаççĕ.

### БЕЛЬГИ ШАХТЕРĔСЕМ «МАРКАС» ШАХТИНЧЕ ПУЛНА КАТАСТРОФĂШĂН АЙĂПЛА ÇЫНСЕНЧЕН ОТВЕТ ЫЙТАÇÇĔ

БРЮССЕЛЬ, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Маркас» шахтинчи (Эно провинцийĕ) катастрофа пулнă пирки шахтерсем хытă тарăхаççĕ. Шахтерсене хытă эксплуатацилеççĕ, шахтăсенче техникă хăрушсăрлăхĕн условийĕсене нимĕн чухлĕ те пурнăçламаççĕ. Шахта хуçисем иртĕхнине хирĕç протестлесе çĕршывра шахтерсен забастовкисем пулса иртеççĕ.

«Драпо руж» хаçат Бельгири шахта хуçисем рабочисен пурнăçне сыхлас ĕç çине преступникла ответсăр пăхнă пирки шахтăсенче каллех çынсем вилни çинчен пĕлтерет. Январĕн 17-мĕшĕнче Кемери «Эрибус» шахтинче (Эно провинцийĕ) Ранди шахтера вагонетка таптаса вĕлернĕ. Маршьенн-о-пон çывăхĕнчи (Эно провинцийĕ) Ба-лонг-прэ шахтинче çĕр йăтăнса аннă пирки Руазан техник вилнĕ. Угрэ-Марнэй хулинчи (Льеж провинцийĕ) металлурги заводĕнче юхса тăракан вĕри шлакра Артур Тоси рабочи çунса кайнă.

## Эйзенхауэр США президенчĕн вырăнне йышăннă

ВАШИНГТОН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Январĕн 20-мĕшĕнче Эйзенхауэр США президенчĕн вырăнне йышăннă. Верховнăй суд председателĕ Винсон Эйзенхауэртан присяга йышăннă хыççăн, Эйзенхауэр сăмах тухса каланă.

Эйзенхауэр президент вырăнне йышăнниччен вăтă сенаторсенчен пĕри Ноулэнд Калифорни) вице-президентран — Ричард Никсонран присяга йышăннă.

Капитолире конгресс лидерĕсемпе пĕрле ирхи апат çинĕ хыççăн Эйзенхауэрпа Никсон Шурă Çурт патне кайнă. Унта вĕсем парад йышăннă. Парад виçĕ сехет хушши пынă.

## *США Австрали пуянлăхĕсене туртса илет*

СИДНЕЙ, январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Мельбурн хулинче тухса тăракан «Гардиан» хаçат çапла çырать: «Рам-Джанглра уран руди кăларакан вырăнтан руда илсе тăрасси çинчен иртнĕ эрнере Вашингтонра килĕшӳ çине алă пуснă. Вăл килĕшӳ çине алă пусса пирĕн çĕршыва Америка чуралантарса пырас тĕлĕшпе çĕнĕ утăм тунă. Килĕшӳре мĕн çырнине пĕлтермеççĕ. Ăна çапла ăнланмалла: янкисем Рам-Джанглри уран рудине питĕ йӳнĕ хакпа сутăн илнĕ пулмалла.

Рам-Джанглри уран рудине кăларас тĕлĕшпе «Цинк корпорейшн» компани ĕçлет. Вăл компание Америкăри банкир тата промышленник Морган алланче тăракан «Консолидейтед цинк корпорейшн лимитед» компани тĕрĕслесе тăрать. Çак компание американецсем Британии Африкăри тата ытти районсенчи владенийĕсене туртса илес тĕллевпе тунă».

## Япони çарне тепĕр хут тăваççĕ

ШАНХАЙ, Январĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, Иосида правительстви 1953 çулта çар валли укçа-тенкĕ питĕ нумай уйăрса парать. Çапла, 1953 çулта Иосида правительстви США-ран 100 çăмăл самолет тата 21 геликоптер сутăн илме шутлать. Наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕ текенскер 50 самолет тата 12 геликоптер, тинĕс хăрушсăрлăхĕн корпусĕ — 50 самолетпа 9 геликоптер илет. Унсăр пуçне, наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕ текенскер кăçалхи июнь уйăхĕнче Америкăн Японири çарĕсенчен «вăхăтлăха усă курма» 100 самолета яхăн илет. Наци хăрушсăрлăхĕн корпусĕ тата тинĕс хăрушсăрлăхĕн корпусĕ текенскерсем Японин пулас çарĕпе тинĕс-çар флочĕн тĕревĕ пулса тăраççĕ.

Çĕнĕ бюджет тăрăх çавăн пекех аэродромсем, полигонсем, тинĕс-çар карапĕсемпе çар шкулĕсем тума укçа-тенкĕ нумай уйăрма палăртнă.

Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, Иосида правительстви çитес вăхăтра зенитнăй артиллерипе радарнăй службăн чаçĕсенчен сывлăшри «оборона» корпусне тума палăртать. Вăл корпус Японин наци хăрушсăрлăхĕн управленине пăхăнса тăмалла. Хальхи вăхăтра ку управлени аллинче зенитнăй артиллерин икĕ дивизионĕ пур.

## Римри полици тискер ĕç тунă

РИМ, январĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Римра нумай çынлă демонстраци пулса иртнĕ. Демонстрантсем вăрçă участникĕсене паракан пенсисене ӳстерме палăртакан закон проектне парламентра сӳтсе явассине темиçе хутчен тепĕр вăхăта хăварса пынине хирĕç протестленĕ. Çак закон проектне парламентра сӳтсе явма çулталăк çурă каярах тăратнă пулнă, анчах правительство вăл проекта сӳтсе явассине ялан тепĕр вăхăта хăварса пынă.

Манифестацие 10 пин çынна яхăн: вăрçă инвалидĕсем, вăрçăра вилнĕ çынсен арăмĕсем хутшăннă. Хĕрарăмсем хăйсен ачисемпе пынă. Çĕршер полицейскисем демонстраци участникĕсем çине тапăннă, вĕсем çине куççуль юхтаракан бомбăсем пăрахнă. Полиципе тытăçнă вăхăтра 6 инвалида амантнă, вĕсенчен нумайăшне хĕнесе пĕтернĕ. Çавăн пекех темиçе полицейски аманнă.

Вăрçă инвалидĕсен делегацийĕ депутатсен палатин председателĕ Гронки патĕнче пулнă. Делегаци пенси çинчен калакан закон проектне йышăнма требовани лартнă.

## Бразилире полици иртĕнет

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн корреспонденчĕ Брюэр пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Бразилири Васифе хулинче полици Коммунистсен партийĕн «Фолья до Пово» ятлă хаçат редакцийĕ çине тапăннă. Полици 30 çынна арестленĕ, хаçатăн январĕн 15-мĕшĕнче тухнă пĕтĕм тиражне конфискациленĕ.

# Гектартан 45 центнер вир

«Новая жизнь» колхозăн Савал улăхĕнче кивелнĕ çаран пулнă. Юлашки çулсенче унта кĕтӳ çӳретнĕ. Пĕлтĕр колхозниксем çарана çĕнетсе лайăхлатас шутпа 15 гектар çереме тракторпа 25 сантиметр тарăнăш сухаларĕç. Тăпрана лайăх кăпкалатса вир акрĕç. Вире disклă сеялкăпа сарлака ретсем туса акнă. Акнă хыççăн çĕре йывăç катокпа якатса пусăрăнтарнă. Вир вăрлăхне акас умĕн формалинпа чӳхенĕ тата фосфоробактеринпа имçамланă.

Вир—вăраххăн шăтса тухакан культура. Çавăнпа ăна çумкурăкĕсенчен сыхлама шăтса тухачченех пуçлас пулать. «Новая жизнь» колхозра вир акнă пĕтĕм лаптăк çине «2-М 4-Х» ятлă химиллĕ препарат сирпĕтнĕ. Çакăн хыççăн вир акнă вырăнти çум курăксем пĕтĕмпех типсе ларнă.

Вир парка шăтса тухнă, сарлака ретсенче вăл ирĕклĕн ӳснĕ. Колхозниксем малалла кунсенче те вир çине шăтса тухнă çумкурăкĕсене çумласах тăнă. Пĕр метртан та çӳлĕрех ӳссе çитĕннĕ вирпе колхозниксем чĕререн савăннă. Вăл кашни гектартан 45-шер центнер тухнă. Халиччен районта пĕр колхозра та çакăн пек тухăçлă вир çитĕнтерни пулман.

Вир акса туни колхоза пысăк тупăш кӳчĕ. «Новая жизнь» колхозри ĕçхресчечĕсем кăçал та пысăк тухăçлă тырпул туса илме хатĕрленеççĕ. Нумай колхозниксем агротехника курсĕнче тухăçлă тырпул ӳстерме тăрăшса вĕренеççĕ.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

Çĕрпӳ районĕ.

# Библиотека çак кунсенче

КӲКЕÇ. Район центрĕнчи библиотека çуллен пуянланса пырать. Библиотекăра 19 пин кĕнеке ытла. Вулакансен хисепĕ те çулсеренех ӳсет. Пĕлтĕр библиотекăран пин çын ытла кĕнеке илсе вуланă. Кунсăр пуçне, колхозсенче куçса çӳрекен 16 библиотека ĕçлет.

Библиотекăра куллен 100 çын ытла пулать. Иртнĕ çулта тăватă хутчен вулакансен конференцине иртернĕ. Вĕсенчен виççĕшне илемлĕ литература произведенийĕсем тăрăх, ялхуçалăх работникĕсемпе «Караваево совхозĕн рекордлă кĕтĕвĕ мĕнле пулнă» темăпа конференци иртернĕ. Унта 200 çын хутшăннă.

Библиотека çумĕнчи вуламалли залра яланах ăшă, çутă та таса. Кунта вулама, вĕренме, культурăллă канма кăмăллă. Çавăнпа кăссерен халăх нумай пухăнать. Библиотекăна пыракансене кирлĕ кĕнекесене суйласа илме пулăшас майпа ятарласа витринăсем, списоксем тунă.

Юлашки вăхăтра библиотека партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене халăх хушшинче ăнлантарса парас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртерчĕ. «Коммунизмăн аслă стройкисем», «Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вĕренер», «Çĕнĕ пилĕк çуллăх план» ятлă пысăк выставкăсемпе витринăсем тунă. Уйрăм сĕтел çинче парти съезчĕн материалĕсене пичетленĕ кĕнекесем пур. Ку кĕнекесене пурте илсе вулама пултараççĕ. Кунтах—журналсенчи, хаçатсенчи статьясем. Юлашки вăхăтра Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине илсе вулакансем нумайланчĕç. Хальхи вăхăтра библиотека ĕçсыннисене вырăнти Советсен суйлав кунне хатĕрленме пулăшас тĕлĕшпе ĕçлет.

Вуламалли залра кăссеренех суйлавçăсене хаçатсенчи уйрăм статьясене вуласа параççĕ. Çак кунсенче вулакансем ыйтнă тăрăх В. Лацисăн «К новому берегу» ятлă романĕ тăрăх конференци пулса иртет. Çитес кунсенче «Совет литератури миршĕн кĕрешес ĕçре» тема тăрăх литература касĕ иртерме палăртнă.

А. АНТОНОВА.

# ВЫЛЯВ УКÇИ ИЛЕÇÇĔ

ЕТĔРНЕ. Иртнĕ çулта районти перекет кассисем государство заемĕсен облигацийĕсем тăрăх 587.270 тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Виçĕ çын 10-шар пин тенкĕ выляса илнĕ.

Кăçал çичĕ кун хушшинче 100 пин тенкĕ ытла выляв укçи тӳленĕ.

А. МЕДВЕДЕВ.

# Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатмалла

Пирĕн районта культурăпа çутĕç учрежденийĕсен шучĕ çулсеренех ӳссе пырать. Халĕ ялсенче—10 вулав çурчĕ, 11 клуб, 5 библиотека. Кусемсĕр пуçне, район центрĕнче библиотекăпа культура çурчĕ пур. 1952 çулта виçĕ ялта библиотека уçнă, виçĕ вулав çуртне ялти клубсем тунă. Кăçал культурăпа çутĕç учрежденийĕсен библиотекисенче кĕнекесен шучĕ татах та нумайланать.

Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен паянхи задачи вăл партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пропагандăласси, ĕçсыннисен политикăллă-идейăллă тата культурăллă шайне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлесси, вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май пропагандăпа агитаци ĕçне сарса ярасси пулать.

Районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсем чылайăшĕ хăйсен задачисене кирлĕ пек пурнăçласа пыраççĕ. Тури Ачакри вулав çурчĕ (заведующийĕ В. Русскова юлташ) колхозниксене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен ăнлантарса парас ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Вулав çурчĕ ялти активпа тата интеллигенципе тачăн çыхăнса ĕçлет. Унăн лекторсен ушкăнĕ пур. Лекторсем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх час-час докладсемпе лекцисем туса параççĕ. Çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ Я. Никитин юлташ ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план çинчен, коммунизмăн аслă стройкисем çинчен лекцисем вуласа пачĕ. М. Семенова тата З. Платонова лекторсем те партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх лекцисем чылай иртерчĕç.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план задачисемпе, Тăван çĕршывăн ӳсĕмĕсемпе паллаштарма вулав çурчĕ витринăсемпе диаграммăсем тунă. Художествăллă пултарулăх кружокĕсен ĕçне те лайăх йĕркеленĕ. Вулав çурчĕн ĕçне лайăхлатса пырассишĕн ял Совечĕ тимлĕн тăрăшать. Кăçал 1.100 тенкĕлĕх тĕрлĕ хаçат-журнал илсе тăма çырăннă. Вутă çителĕклĕ хатĕрленĕ. Вулав çуртĕнче яланах çутă, таса та ăшă.

Районти культура çурчĕ партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пропагандăлас ĕçе аванлатсах пырать. Ку ĕçе районти ертсе пыракан работниксемпе интеллигенцие хутшăнтарнă. Партипе совет работникĕсем, вăтам шкулти учительсем лекцисем чылай вуласа пачĕç. Юлашки икĕ уйăх хушшинче кăна культура çурчĕ 18 лекципе доклад иртерчĕ.

Культура çурчĕ нагляднăй агитацие те аван йĕркеленĕ. Кунта «Пиллĕкмĕш сталинла пилĕк çуллăх план», «Коммунизмăн аслă стройкисем» тата ытти темăсемпе тунă витринăсене курма пулать.

Культура çуртĕнчи художествăллă пултарулăх кружокĕсем спектакльсемпе концертсем час-часах иртереççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пропагандăлас тĕлĕшпе районти библиотека та начар мар ĕçлет.

Çав вăхăтрах районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсенчен чылайăшĕ начар ĕçлет. Мăн Явăшрипе Шĕмшешри клубсен заведующийĕсем Петровпа Ермаков юлташсем, Советскинчи, Мăн Цакăшри, Тушкассинчи вулав çурчĕсен заведующийĕсем Некрасов, Ярголин, Саманов юлташсем ĕçре пуçарулăх кăтартмаççĕ, активпа, партипе комсомол организацийĕсемпе çыхăнса ĕçлемеççĕ.

Чылай ял Совечĕсем культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне хаклама халиччен те хăнăхман. Вĕсене ĕçлеме условисем туса памаççĕ. Шĕмшеш, Мăн Явăш, Мăн Чураш тата Мăн Цакăш ял Совечĕсем культурăпа çутĕç учрежденийĕсем валли бюджетпа уйăрнă укçапа çулталăк вĕçне çитсе те 50—55 процентран мала усă курман. Асăннă ял Совечĕсенчи клубсемпе вулав çурчĕсем валли ку таринччен те вутă кӳрсе килмен. Кив Тикеш ял Совечĕ вара (председателĕ Григорьев юлташ) вулав çурчĕ валли 1953 çулшăн пĕр хаçат-журнал та çыранса паман. Çакăн пек условисенче вулав çурчĕсемпе клубсем ăçтан йĕркеллĕ ĕçлетчĕр-ха?

Халĕ, ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне иртерме хатĕрленнĕ вăхăтра, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ролĕ уйрăмах пысăк. Вĕсен пĕтĕм ĕçĕн идейăллă шайне çӳлĕ пусăма çĕклесси хăвăртрах пурнăçламалли задача пулса тăрать.

Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне, вĕсен рольне партин паянхи задачисен çӳлĕшне çĕклемелле. Ку тĕлĕшпе культурăпа çутĕç работникĕсем ответлăха туйса ĕçленипе пĕрлех, вĕсене партипе совет организацийĕсен куллен пулăшса тата ертсе пырас пулать.

А. САВЕЛЬЕВ,

Советски районĕнчи культурăпа çутĕç пайĕн инспекторĕ.

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕ январĕн 24-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НЕ 00933 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.